ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
16
ТУНТИКУН
№ 55 (8964)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

Пирĕн чи таса тивĕç—халăхсен aслă çĕнтерĕвне—мирпе демократи тата социализм лагерьне сыхласа усрасси тата тĕреклетесси, демократи лагерĕнчи çĕршывсен халăхĕсен туслăхĕпе пĕрлĕхне çирĕплетсе пырасси пулать. Пирĕн Совет Союзĕпе aслă Китай халăхĕ, халăх демократиллĕ мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисем хушшинчи тăванла, ĕмĕрлĕхе пыракан çирĕп туслăха пур майсемпе те тĕреклетсе пымалла.

(Г. М. Маленков юлташ сăмахĕнчен).

# СССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔ

## М. А. ЯСНОВ юлташ сăмахĕ

Депутат юлташсем! Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессине уçăлнă тесе пĕлтеретĕп.

Депутат юлташсем!

Совет халăхĕ хăйĕн юратнă çулпуçĕпе учительне, СССР Верховнăй Совет депутатне, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарьне Иосиф Виссарионович Сталина пĕтĕм чĕререн хытă кулянса, тавăрма çук çухату туйăмĕпе юлашки çула ăсатрĕ.

Иосиф Виссарионович Сталинăн çутă ятне ура çине тăрса хисеп тума ыйтатăп. (Пурте тăраççĕ). Ларма ыйтатăп.

Депутат юлташсем!

Мартăн 14-мĕшĕнче Прагăра Чехословаки Республикин Президенчĕ, Совет Союзĕн шанчăклă тусĕ, пирĕн хаклă Клемент Готвальд вилсе кайрĕ. Чехословаки халăхĕсемпе пĕрле çак йывăр çухату пирки пирĕн çĕршыври мĕнпур ĕçсыннисем чĕререн хурланаççĕ. Клемент Готвальд ятне ура çине тăрса хисеп тума ыйтатăп. (Пурте тăраççĕ). Ларма ыйтатăп.

Депутат юлташсем!

СССР Верховнăй Совечĕн ячĕпе Президент Клемент Готвальд вилнĕ пирки Чехословаки Республикин Наци пухăвне хурланса пĕлтерни çинчен çакăн пек чĕнсе калани текстне йышăнма сĕнӳ пур:

«Чехословаки Республикинчи Наци Пухăвне

Хаклă юлташсем!

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ Чехословаки Республикин Президенчĕ, государствăн паллă деятелĕ тата Чехословаки халăхĕсен юратнă çулпуçĕ Клемент Готвальд юлташ вилнĕ пирки чĕререн хурланни çинчен пĕлтерет.

Сирĕнпе пĕрле эпир Чехословаки халăхĕсен çулпуçĕ, халăх демократиллĕ çĕнĕ Чехословаки государствин ывăнми организаторĕ, Совет Союзĕн шанчăклă тусĕ Клемент Готвальд вилнĕ пирки хытă хурланатпăр.

ССР Союзĕн Верховнăй Совечĕ»

Депутат юлташсем, чĕнĕвĕн çак текстне йышăннă тесе шутлама ирĕк парăр? Чĕнĕве йышăннă тесе шутлатăп.

Депутат юлташсем! СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессинче пăхса тухма çак ыйтусене тăратнă:

1. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне суйласси çинчен.

2. СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне уйăрса лартасси çинчен.

3. СССР Министрĕсен Совечĕн составĕ çинчен тата СССР министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен.

4. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарьне суйласси çинчен.

5. СССР Конституцийĕн 70, 77 тата 78-мĕш статьисене улшăнусемпе хушусем кĕртесси çинчен.

Кун йĕрки тăрăх тухса калас текенсем пур-и? Тухса калас текенсем çук. Сасăлама ирĕк парăр. Кам IV-мĕш сессин кун йĕркине йышăнас тет, алă çĕклеме ыйтатăп. Аларсене ярăр. Кам хирĕç? Çук. Кам сасăлама тытăнса тăнă? Тытăнса тăнисем çук.

IV-мĕш сесси кун йĕркине йышăннă тесе шутлатăп.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне суйласси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма тытăнатпăр.

Сĕнӳ пама Хрущев депутат сăмах илет. (**Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**).

## Н. С. ХРУЩЕВ юлташ сăмахĕ

Депутат юлташсем! Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕн, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн пĕрлехи ларăвĕ ячĕпе, çавăн пекех СССР Верховнăй Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн Мускаври, Ленинградри, Украинăри депутачĕсен ячĕпе Верховнăй Советăн Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн сессийĕн пĕрлехи ларăвĕнче СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ çинчен пăхса тухма çакăн пек сĕнӳ паратăп.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕн, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн пĕрлехи ларăвĕн постановленийĕпе Николай Михайлович Шверник юлташа Пĕтĕм Союзри Профессиллĕ Союзсен Центральнăй Совечĕн Председательне лартма сĕннĕ пирки Шверник юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарма сĕнӳ паратăп.

Çакăнпа пĕрлех Николай Михайлович Шверник юлташа СССР Верховнăй Совет Президиум членне суйлама сĕнӳ паратăп.

Депутат юлташсем, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма Климент Ефремович Ворошилов юлташа суйлама сĕнетĕп. (**Тăвăллăн алă çупаççĕ**).

Пирĕн парти, пĕтĕм совет халăхĕ Климент Ефремович Ворошилов юлташ аслă Ленинăн шанчăклă вĕренекенĕ тата аслă Сталинăн соратникĕ пулнине, пирĕн Коммунистсен партийĕн ĕçĕшĕн, пирĕн çĕршывра коммунизм çĕнтерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешекен борец пулнине пĕлеççĕ.

Климент Ефремович Ворошилов юлташ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн ĕçĕсене совет халăхĕн ырлăхĕшĕн тăрăшса чыслăн туса пырассине эпир пурте шанса тăратпăр.

СССР Верховнăй Совечĕ Климент Ефремович Ворошилов юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма суйлама йышăннă решение пирĕн аслă Совет Союзĕнчи мĕнпур халăх пĕтĕмпех ырласа йышăнĕ. (**Нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**).

* * *

Председатель пулса ертсе пыраканĕ депутат Л. П. Берия юлташа сăмах парать (**тăвăллăн нумайччен алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**).

## Л. П. БЕРИЯ юлташ сăмахĕ

Депутат юлташсем! СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ хушнипе Сире пăхса тухма çакăн пек сĕнӳ тăрататăп:

«Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма Георгий Максимилианович Маленков юлташа уйăрса лартас (**тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ. Пурте тăраççĕ**) тата Маленков юлташа СССР Верховнăй Советне СССР Министрĕсен Совечĕн составĕ çинчен сĕнӳ тăратма хушас».

Пирĕн парти, рабочисем, колхозниксем, интеллигенци, Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем Маленков юлташа вăл Ленинăн талантлă ученикĕ, Сталинăн шанчăклă соратникĕ пулнине лайăх пĕлеççĕ тата ăна чĕререн хисеплеççĕ.

Депутат юлташсем! Совет Союзĕн Правительстви умĕнче тĕнчери йывăр лару-тăру условийĕсенче пирĕн çĕршывăн тулашри политикине ертсе пырас тĕлĕшпе те, пирĕн çĕршывра коммунизм обществи тăвассишĕн Совет Союзĕнчи халăхсен гигантла паттăрла кĕрешĕвне ертсе пырас тĕлĕшпе те пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ.

Маленков юлташ ертсе пыракан Совет Правительстви пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас мĕнпур ĕçе Ленинпа Сталин вĕрентнĕ пек ертсе пырĕ (**тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ**), пирĕн халăхăн интересĕсене чĕререн пăхăнса туса пырĕ, тесе çирĕппĕн шанса каланипе эпĕ депутатсен пĕтĕмĕш шухăшне палăртатăп пулĕ, тесе шутлатăп.

Совет Правительстви хăйĕн ĕçĕнче, яланхи пекех, хăйĕн вăйĕсене çакăнтан илсе тăрĕ: пирĕн ĕç, Ленин—Сталин ĕçĕ тĕрĕс пулнине чĕререн шанса тăнинчен (**тăвăллăн алă çупаççĕ**), Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви туса хатĕрленĕ политика тĕрĕс пулнине çирĕппĕн шанса тăнинчен; Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем Совет Правительствин тулашри политикине пурте пĕр шухăшлă пулса йышăннине пĕлсе тăнинчен,—çак политика вăл çĕнĕ вăрçă кăларма памалла мар тата мĕнпур çĕршывсемпе мирлĕ пурăнмалла тăвасси пулать (**тăвăллăн алă çупаççĕ**); Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем Совет Правительствин шалти политикине пурте пĕр шухăшлă пулса йышăннине пĕлсе тăнинчен,—çак политика вăл пирĕн социализмлă государствăн вăй-хăватне малалла вăйлатса пымалла, мĕнпур халăх хуçалăхĕпе культурăна çĕнĕ хăватпа çĕклентермелле, пирĕн çĕршыври мĕнпур халăхсен пурнăç шайне малалла пĕр пăркаланмасăр тата тăтăшах хăпартса пымалла тăвасси пулать (**нумайччен алă çупаççĕ**); пирĕн çĕршыври тăванла çирĕп туслăха пĕтĕçнĕ тата пирĕн çĕршывра коммунизм тăвассине хăйсен тăван, пурнăçлă ĕçĕ тесе шутлакан халăхсен иксĕлми творчествăллă вăйĕсене чĕререн шанса тăнинчен; совет халăхĕ хăйĕн Правительствине пĕтĕмпех шанса тăнинчен; Коммунистсен партийĕ хурçă пек пĕтĕçсе тăнинчен; пирĕн нумай нациллĕ хăватлă çĕршывăн халăхĕсем çирĕп пĕрлĕхлĕ пулнинчен.

СССР Верховнăй Совечĕ Георгий Максимилианович Маленкова Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма уйăрса лартнине пурте пĕр шухăшлă пулса çирĕплетĕ, тесе шанса тăма ирĕк парăр. (**Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**).

* * *

Председатель пулса ертсе пыраканĕ депутат Г. М. Маленков юлташа сăмах парать. (**Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**).

## ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Г. М. МАЛЕНКОВ юлташăн сăмахĕ

Депутат юлташсем!

Эсир мана Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ пăхса тухма Правительство составне—ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн составне тăратма хушрăр.

Эсир мана çакăн пек пысăк ĕç шаннăшăн тата питех те пысăк чыс тунăшăн, депутат юлташсем, эпĕ сире тав тăватăп. (**Тăвăллăн алă çупаççĕ**).

Юлташсем, эсир Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ çĕршыв пурнăçне нимĕнле чăрмавсăр тата тĕрĕс ертсе пымалла тăвас тĕлĕшпе питех те кирлĕ чылай решенисем йышăнни çинчен пĕлетĕр ĕнтĕ.

Ку сессире пирĕн çав решенисене пăхса тухмалла тата, Конституципе килĕшӳллĕн, СССР Верховнăй Совечĕ—пирĕн çĕршывăн государство влаçĕн Аслă органĕ йышăнма май пур тесе, йышăнма тата çирĕплетме кирлĕ тесе шутлакан мероприятисене закон вăйне памалла пулать.

Çакна калас пулать: хальхи министерствăсене пысăклатас тĕлĕшпе, хуçалăхăн, культурăн, управленин пĕр йышши отраслĕсене ертсе пырассине пĕр министерствăра пĕрлештерес тĕлĕшпе мероприятисем йышăнма паянчченех вăхăт çитнĕччĕ. Ку мероприятисем пирки пирĕн партире тата правительствăра Сталин юлташ пурăннă чухнех, унпа пĕрле нумай вăхăт хушши шухăшланă. Халĕ вара, пирĕн çĕршыв йывăр çухату тӳснĕ пирки, эпир государствăна хуçалăх ĕçĕсене ертсе пырассине малалла лайăхлатас тĕлĕшпе тума кирли палăрнă организациллĕ мерăсене пурнăçлассине хăвăртлатрăмăр кăна.

Çак мерăсене сĕнсе, эпир ССР Союзне малалла аталантарас тĕлĕшпе партипе правительство хатĕрленĕ плансене пурнăçлассишĕн тата активлăрах кĕрешме кирлине, çав плансене активлăрах тата ăнăçлăрах пурнăçласа пымаллине шута илетпĕр.

Эпир çакна шута илетпĕр: государствăпа хуçалăх руководствине лайăхлатас тĕлĕшпе СССР Верховнăй Советне пăхса тухма тăратнă организациллĕ мероприятисене пурнăçа кĕртни, паллах, пирĕн çĕршыв умĕнче тăракан историллĕ задачăсене—пирĕн нумай нациллĕ социализмла государствăна пĕр ывăнмасăр тата пур енĕпе те малалла тĕреклетес, пирĕн Тăван çĕршывăн оборонипе хăрушсăрлăхне туса хума Совет Союзĕн хăватлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсене тĕреклетес, социализмла промышленноçа вĕçĕмсĕр малалла аталантарас тата колхоз стройне тĕреклетес, культурăна аталантарас, рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçне лайăхлатас, пирĕн çĕршывра коммунизмла общество тăвас çулпа малалла тата ăнăçлăрах пымалла тăвас тĕлĕшпе тăракан задачăсене ăнăçлă татса пама лайăхрах условисем туса парать.

Министерствăсене пысăклатас ĕçе ăнăçлă йĕркелеме тата çавăн пирки пулакан мĕнпур лайăх енсемпе усă курма пирĕн пур майсем те пур. Мĕншĕн тесен пирĕн чылай çитĕннĕ кадрсем пур, вĕсем ĕçе ертсе пырас тĕлĕшпе пуян опыт пухнă, пысăклатнă министерствăсене ертсе пыма пултараççĕ.

СССР Верховнăй Советне пăхса тухма çакăн пек сĕнӳсем тăрататпăр:

СССР Государство хăрушсăрлăх министерствипе СССР Шалти ĕçсен министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Шалти ĕçсен министерстви тăвас.

СССР Çар министерствипе Тинĕс-Çар министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство — СССР Оборона министерстви тăвас.

СССР Тулашри суту-илӳ министерствипе Суту-илӳ министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ министерстви тăвас.

Ялхуçалăх министерствине, Çĕр мамăк министерствине, Совхозсен министерствине, Хатĕрлев министерствине тата Вăрман хуçалăх министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Ялхуçалăхĕне хатĕрлев министерстви тăвас.

Аслă вĕренӳ министерствине, Кинематографи министерствине, Искусство ĕçĕсен комитетне, Радиоинформаци комитетне, Главполиграфиздата, Ĕç резервĕсен министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Культура министерстви тăвас.

Çăмăл промышленность министерствине, Апат-çимĕç промышленность министерствине, Аш-какайпа сĕт-çу промышленность министерствине тата Пулă промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви тăвас.

Хура металлурги министерствипе Тĕслĕ металлурги министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Металлурги промышленность министерстви тăвас.

Автомобильпе трактор промышленность министерствине, Машиностроенипе приборостроени министерствине, Ялхуçалăх машиностроени министерствине тата Станкостроени министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Машиностроени министерстви тăвас.

Транспорт машиностроени министерствине, Судостроени промышленность министерствине, йывăр машиностроени министерствине тата Строительствăпа çул-йĕр машиностроени министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Транспортпа йывăр машиностроени министерстви тăвас.

Электростанцисен министерствине, Электропромышленность министерствине тата Çыхăну хатĕрĕсем тăвакан промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Электростанцисемпе электропромышленность министерстви тăвас.

Хĕçпăшал министерствипе Авиаци промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Оборона промышленность министерстви тăвас.

СССР Вăрман промышленность министерствипе Хут тата йывăçран япаласем тăвакан промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Вăрманпа хут промышленность министерстви тăвас.

Йывăр индустри предприятийĕсен строительствин министерствипе Машиностроени предприятийĕсен строительство министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Строительство министерстви тăвас.

Тинĕс флочĕн министерствине, Юханшыв флочĕн министерствине тата Çурçĕрти тинĕс çулĕсен главнăй управленине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Тинĕспе юханшыв флочĕн министерстви тăвас.

Геологи министерствине пĕтерес, унăн ĕçĕсене кама тивĕçлине кура Металлурги промышленность министерствине, Çĕр кăмрăк промышленность министерствине, Нефть промышленность министерствине, Хими промышленность министерствине, Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствине тата çĕр айĕнчи пуянлăхсене кăларакан промышленность камсен аллинче пулнине кура ытти министерствăсене парас.

СССР Автомобиль транспорчĕн министерствине пĕтерес, унăн ĕçĕсене Çул-йĕр министерствине парас.

СССР Министрĕсен Совечĕн Халăх хуçалăхне материалсемпе техника парса тăракан государство комитетне (Госснаб) тата СССР Министрĕсен Совечĕн Апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем тăратас енĕпе ĕçлекен государство комитетне (Госпродснаб) СССР Госпланĕпе пĕрлештерес.

Депутат юлташсем!

Мана, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулнă май, хушнă тăрăх, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Советĕнче пăхса тухма СССР Правительствин — СССР Министрĕсен Совечĕн çак составне тăрататăп:

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Шалти ĕçсен министрĕ — Лаврентий Павлович Берия (**тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**);

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ—Вячеслав Михайлович Молотов (**тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**);

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Оборона министрĕ—Совет Союзĕн Маршалĕ Николай Александрович Булганин (**тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**);

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ—Лазарь Моисеевич Каганович (**тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**);

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ тата СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ министрĕ—Анастас Иванович Микоян (**тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ**);

СССР Ялхуçалăхĕне хатĕрлев министрĕ—Алексей Иванович Козлов (**алă çупаççĕ**);

СССР Культура министрĕ—Пантелеймон Кондратьевич Пономаренко (**алă çупаççĕ**);

СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министрĕ—Алексей Николаевич Косыгин (**алă çупаççĕ**);

Çĕр кăмрăк промышленность министрĕ—Александр Федорович Засядько (**алă çупаççĕ**);

Нефть промышленность министрĕ—Николай Константинович Байбаков (**алă çупаççĕ**);

Металлурги промышленность министрĕ—Иван Федорович Тевосян (**алă çупаççĕ**);

Хими промышленность министрĕ — Сергей Михайлович Тихомиров (**алă çупаççĕ**);

Машиностроени министрĕ—Максим Захарович Сабуров (**алă çупаççĕ**);

Транспортпа йывăр машиностроени министрĕ—Вячеслав Александрович Малышев (**алă çупаççĕ**);

Электростанцисемпе электропромышленность министрĕ—Михаил Георгиевич Первухин (**алă çупаççĕ**);

Оборона промышленность министрĕ—Дмитрий Федорович Устинов (**алă çупаççĕ**);

СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министрĕ—Павел Александрович Юдин (**алă çупаççĕ**);

СССР Вăрман тата хут промышленность министрĕ — Георгий Михайлович Орлов (**алă çупаççĕ**);

Строительство министрĕ—Николай Александрович Дыгай (**алă çупаççĕ**);

Çул-йĕр министрĕ—Борис Павлович Бещев (**алă çупаççĕ**);

Çыхăну министрĕ—Николай Демьянович Псурцев (**алă çупаççĕ**);

Тинĕспе юханшыв флочĕн министрĕ—Зосима Алексеевич Шашков (**алă çупаççĕ**);

СССР Финанс министрĕ—Арсений Григорьевич Зверев (**алă çупаççĕ**);

СССР Сывлăх министрĕ—Андрей Федорович Третьяков (**алă çупаççĕ**);

СССР Юстици министрĕ—Константин Петрович Горшенин (**алă çупаççĕ**);

СССР Государство контроль министрĕ — Всеволод Николаевич Меркулов (**алă çупаççĕ**);

СССР Министрĕсен Совечĕн Государство План Комитечĕн Председателĕ—Григорий Петрович Косяченко (**алă çупаççĕ**);

СССР Министрĕсен Совечĕн строительство тĕлĕшпе ĕçлекен Государство Комитечĕн Председателĕ—Константин Михайлович Соколов (**алă çупаççĕ**).

Депутат юлташсем!

Правительство составĕ çинчен Верховнăй Советра пăхса тухма сĕнӳ тăратса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ пирĕн руководствăн вăйĕ вăл коллективлăхра, пĕтĕçӳллĕхре тата çирĕплĕхре пулнине шута илнĕ. Çак аслă принципа çирĕппĕн пăхăнса ĕçлессине эпир çĕршыва тĕрĕс ертсе пырассин шанчăкĕ, пирĕн çĕршывра коммунизм тумалли çулпа хамăр малалла ăнăçлă пыма питĕ кирлĕ услови пулса тăрать тесе шутлатпăр.

Правительствăн çак составне СССР Верховнăй Советĕнче çирĕплетме тăратса, çакăн çинчен пĕлтерме кирлĕ тесе шутлатăп: Правительство хăйĕн пĕтĕм ĕçĕнче—тулашри тата шалти ĕçсем енĕпе парти туса хатĕрленĕ политикăна çирĕппĕн тытса пырĕ. Совет Правительствин çак позицийĕ çинчен эпир пĕлтернĕччĕ. Кунта эпĕ мартăн 9-мĕшĕнче хурлăхлă митингра эпĕ тухса каланине, Л. П. Берия юлташ тухса каланине тата В. М. Молотов юлташ тухса каланине асра тытатăп.

Эпир пĕлтернисенче шалти политика тĕлĕшне уççăн çапла каланă: Совет Правительстви малашне те рабочи класпа колхоз хресченĕсем хушшинчи çирĕп туслăха, пирĕн çĕршыври халăхсем хушшинчи тăванла туслăха тĕреклетет, социализмла государствăн оборона хăватне пур майсемпе те тĕреклетсе пырать, пирĕн Правительствăшăн халăх ырлăхĕшĕн, унăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырассишĕн, пирĕн социализмла Тăван çĕршыва малалла чечеклентерессишĕн тăрăшасси закон пулса тăрать. (**Тăвăллăн алă çупаççĕ**).

Тулашри политикăна илес пулсан, эпир пĕлтернисенчен уççăнах çакă тухса тăрать:

Совет Правительстви пурнăçра тĕрĕсленнĕ политикăна—мире сыхласа хăварас тата тĕреклетес, Совет Союзĕн оборонипе хăрушсăрлăхне туса хурас политикăна, мĕнпур çĕршывсемпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнас тата вĕсемпе пĕр-пĕрин интересĕсене хисепленĕ никĕс çинче ĕçлĕ çыхăнусене аталантарас политикăна яланах çирĕппĕн пурнăçласа пырĕ; аслă Китай халăхĕпе, халăх демократиллĕ çĕршывсен пур халăхĕсемпе те политика тата экономика енĕпе тачă çыхăнса килĕштерсе ĕçлессине, тăванла туслă тата пĕр шухăш-кăмăллă пурăнас çыхăнусене тĕреклетес ĕçе малашне те туса пырĕ. (**Тăвăллăн алă çупаççĕ**).

Совет Союзĕн мирлĕ политики ытти çĕршывсен,—пысăккисен те, пĕчĕккисен те,—халăхĕсен прависене хисеплени çинче, тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе тунă йĕркесене пурнăçласа пыни çинче никĕсленсе тăрать: Совет Союзĕн тулашри политики Совет Союзĕ ытти государствăсемпе тунă мĕнпур договорсене яланах çирĕппĕн тата пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыни çинче никĕсленсе тăрать.

Хальхи вăхăтра интересленекен çĕршывсем пĕр-пĕринпе каласса татăлнă тăрăх мирлĕ йĕркепе татса пама май килмен тавлашуллă е татса паман ыйту çук. Ку вăл эпир мĕнпур государствăсемпе, вăл шутра эпир Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе çыхăну тытас ыйтăва та тивет. Мире сыхласа хăварма интересленекен государствăсем хальхи вăхăтра та, малашне те Совет Союзĕн мирлĕ çирĕп политикине шанса тăма пултараççĕ. (**Тăвăллăн алă çупаççĕ**).

Депутат юлташсем!

Совет халăхĕ хăйĕн вăйĕсене хытă шанса тăрать. Совет государствин вăй-хăвачĕ, совет халăхĕн мораллĕ-политикăллă пĕрлĕхĕ нихçанхинчен те вăйлă та çирĕп. Совет Правительстви хăйĕн пĕтĕм вăйĕсене пирĕн çĕршывра коммунизм обществи тăвассишĕн, совет халăхĕн ирĕклĕ те телейлĕ пурнăçĕшĕн кĕрешес ĕçе парать. (**Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ. Пурте тăраççĕ**).

Эпир парти, правительство тата совет халăхĕ таччăн пĕтĕçсе тăнипе, Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсен туслă тăванла çемйипе коммунизм тумалли çулпа малалла каятпăр! (**Пурте тăраççĕ. Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ**).

# КЛЕМЕНТ ГОТВАЛЬД



## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен, ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнчен тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕнчен

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ мартăн 14-мĕшĕнче 11 сехетре Прагăра, кĕске вăхăт хушши йывăр чирленĕ хыççăн, Чехословаки Республикин Президенчĕ, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Председателĕ, тĕнчери рабочи движенин паллă деятелĕ, Чехословаки халăхĕн юратнă çулпуçĕ, Совет Союзĕн шанчăклă тусĕ Клемент Готвальд вилни çинчен чĕререн хурланса пĕлтерeççĕ.

**Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ. ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ. СССР Верховнăй Совет Президиумĕ.**

## Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне Чехословаки Республикин Правительствине Чехословаки Республикин Нациллĕ Пухăвне

Хаклă юлташсемпе туссем!

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Чехословакири Коммунистсен партийĕн Председателĕ, Чехословаки Республикин Президенчĕ Клемент Готвальд юлташ вăхăтсăр вилнĕ пирки хăйсем чĕререн хурланни çинчен тата сирĕнпе пĕрле кулянни çинчен пĕлтерeççĕ.

Чехословаки халăхĕне Коммунистсен партийĕ хăйсен аслă çулпуçне, Чехословакире халăх демократи стройĕ çĕнтерессишĕн тата социализм тăвассишĕн паттăр кĕрешнĕ бореца Клемент Готвальд юлташа çухатрĕç.

Пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем тĕнчери рабочи движенин паллă деятелĕсенчен пĕрне çухатрĕç. Клемент Готвальд юлташ пролетарилле революционерăн пĕтĕм чаплă пурнăçне тĕнчери рабочисен движенине панă.

Клемент Готвальд юлташ Чехословакипе Совет Союзĕ хушшинчи тачă союзпа çирĕп туслăха тĕреклетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçленĕ, çак тăванла союз Чехословаки Республикин никама пăхăнманлăхне сыхлама, республикăна малалла чечеклентерсе пыма май парать, тесе шутланă.

Аслă Сталинăн шанчăклă соратникĕ, Совет Союзĕн тӳрĕ кăмăллă тусĕ Клемент Готвальд Чехословакине Совет Союзĕпе Чехословаки хушшинчи туслăха тĕреклетес çулпа илсе пынă, çак туслăх ирĕклĕ пурăнма, тăван çĕршывăн никама пăхăнманлăхне сыхлама май парать, тесе шутланă.

Çак йывăр çухату килсе тухнă хурлăхлă кунсенче эпир çакна çирĕппĕн шанса тăратпăр: Чехословаки халăхĕ хăйĕнречĕсене Коммунистсен партийĕпе Чехословаки Правительстви тавра мир ĕçĕшĕн, халăхсем хушшинчи туслăха тĕреклетессишĕн тата социализм тăвассишĕн кĕрешме тата тачăрах пĕтĕçтерĕ.

Йывăр çухату пирки Чехословаки халăхĕпе пĕрле кулянса, Совет Союзĕнчи халăхсем Клемент Готвальдăн çутă сăнарне хăйсен чĕринче тытса усраççĕ, унăн сăнарĕ халăхсем хушшинчи миршĕн, Совет Союзĕпе Чехословаки Республики хушшинчи ĕмĕр-ĕмĕре пыракан туслăхшăн кĕрешес ĕçре ялан хавхалантарса пырĕ.

**Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ. ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ. СССР Верховнăй Совет Президиумĕ.**

## Чехословаки Республикин Президенчĕ тата Чехословакири Коммунистсен партийĕн Председателĕ Клемент Готвальд вилни çинчен пĕлтерни

ПРАГА, мартăн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

Ирхине 9 сехетрен пуçласа Клемент Готвальдăн тăн çухалнă. Сывлассине тата юн çӳрессине искусственнăй майпа вăйсăрпа пулăшса тăнă пулсан та, чĕрепе сосудсем ĕçлени начарлaнса пынă (коллапс). Ӳт-тир шуралнă, цианоз пулнă, сывлама чăрмантнă, юн тымарĕ тапни сисĕнми пулнă, юн таппине виçме те май пулман. Тĕп нерва системи пăсăлни тепĕр хут палăрнă. Ирхине 11 сехетре Клемент Готвальд вилнĕ.

## Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Чехословаки Правительстви тата кĕрешĕвĕн Наци фрончĕн Центральнăй Комитечĕ Чехословакири мĕнпур ĕççыннисене чĕнсе каланă

Хаклă юлташсемпе туссем!

Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Чехословаки Правительстви тата кĕрешĕвĕн Наци фрончĕн Центральнăй Комитечĕ партипе пĕтĕм Чехословаки халăхне мартăн 14-мĕшĕнче ирхине 11 сехетре йывăр чирленĕ хыççăн Чехословаки Республикин Президенчĕ тата Чехословакири Коммунистсен партийĕн Председателĕ Клемент Готвальд юлташ вилни çинчен чĕререн хурланса пĕлтерeççĕ.

Клемент Готвальд юлташăн пурнăçне çăлса хăварас тесе этем мĕн тума пултарнине пурне те тунă. Ку тĕлĕшпе Чехословаки халăхне Совет Союзĕн Правительстви пысăк, чăннипех тăванла пулăшу пачĕ. Чирлĕ çын умĕнче Совет Союзĕпе Чехословакин чи лайăх врачĕсем пулнă. Готвальд юлташ мĕн юлашки минутсем çитиччenех хăй вилĕме хирĕç тулли ăс-тăнпа паттăррăн кĕрешнĕ. Çапах та пирĕншĕн чи хаклă пурнăçа çăлса хăварма май килмен.

Чехословаки халăхĕшĕн йывăр, питех те йывăр сехетсем çитсе тăчĕç. Аслă Сталин вилнĕ хыççăн часах халăх умне тепĕр пысăк хурлăх тухса тăчĕ. Пирĕн ĕççыннисен юратнă çулпуçĕ, пирĕн чи лайăх тата Ленинпа Сталинăн чи шанчăклă ученикĕ, халăх демократиллĕ пирĕн тăван çĕршывăн ашшĕ вилчĕ. Пирĕн Коммунистсен партине, çĕнĕ сăнарлă ленинла-сталинла партине туса çирĕплетсе пиçĕхтернĕ Готвальд юлташ вилчĕ.

Пирĕн халăха капиталистсене, эксплуататорсене, халăх тăшманĕсене çĕмĕрсе тăкма вĕрентнĕ тата вĕрентсе çитернĕ Готвальд юлташ вилчĕ, вăл çак кĕрешӳре чехпа словак ĕççыннисене уйрăлми пĕрлештерчĕ.

Пирĕн халăхсене Совет Союзĕнчи халăхсемпе ĕмĕрлĕхе пĕрлештернĕ, Чехословакипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăхпа тăванлăхăн çирĕп союзне туса хунă Готвальд юлташ вилчĕ.

Наци ирĕклĕхĕшĕн фашистла оккупантсене хирĕç пирĕн халăхăн аслă кĕрешĕвне çирĕппĕн те паттăррăн ертсе пынă Готвальд юлташ вилчĕ.

Паттăр совет воинĕсем ирĕке кăларнă пирĕн тăван çĕршывра пире çĕнĕ строй тăвасси патне илсе çитернĕ Готвальд юлташ вилчĕ. Çак стройра капиталистсем мар, шултра помещиксемпе ют çĕршыв империалисчĕсем мар, ĕç халăхĕн мĕнпур сийĕсемпе тăванла пĕрлĕхе пĕрлешнĕ рабочи класс ертсе пыракан вăй пулса тăрать.

Пире социализмлă çутă пуласлăхăн аслă малашлăхне, мир, халăхсен ырă пурнăçĕпе телейĕн малашлăхне уçса панă Готвальд юлташ вилчĕ, вăл пире хамăр тăван çĕршывра социализм мĕнле тумаллине куллен вĕрентсе пычĕ.

Пирĕн государствăн оборона пултарулăхне тĕреклетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнă Готвальд юлташ вилчĕ, вăл пирĕн хĕçпăшаллă вăйсемшĕн, вĕсем мухтавлă Совет Çарĕпе пĕрле тăван çĕршыв хуралĕнче, пĕтĕм тĕнчери мир хуралĕнче пĕрле пулччăр, агрессорăн мĕнпур йышши ĕçĕсене çĕмĕрсе тăкма хатĕр пулччăр тесе тăрăшнă.

Хаклă юлташсем, пиччесемпе шăллăмсем, аппасемпе йăмăксем!

Пирĕн халăх умне килсе тухнă çухату питех те пысăк. Анчах та шăпах ĕнтĕ Готвальд юлташ нумаях пулмасть пире, аслă Сталин вĕрентнĕ пек, пирĕн чи йывăр минутсенче те ăс-хакăла çухатмалла мар, пирĕн аслă задачăсемпе тĕллевсене пурнăçласси çинчен манмалла мар, тесе кăтартса пачĕ.

Хальхи вăхăтра пирĕн пурин те çавăн пек пулмалла. Пирĕн хушăра ăс-хакăла вăйсăрлатни тата паника пулмалла мар.

Пирĕн Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тавра, пирĕн правительство тавра, Нациллĕ фронт тавра тата тачăрах пĕтĕçер!

Çакă йывăр вăхăтра пирĕн халăхăн пĕрлĕхĕ гранит пек çирĕп пултăр! Эпир пире Готвальд юлташ ертсе пынă ленинла-сталинла çулпа тата та хăюллăн, паттăррăн малалла каятпăр!

Хамăрăн тĕреклĕхпе пирĕншĕн тĕслĕх пулса тăракан аслă Совет Союзĕпе тата унăн мухтавлă Коммунистсен партийĕпе тата тачăрах пĕтĕçсе тăрар!

Хамăрăн кĕрешӳ пултарулăхне тата сыхăлăха ӳстерер, кам пирĕн партин пĕрлĕхне, пирĕн хуласемпе ялсенчи ĕççыннисен Чехословакин Нациллĕ фрончĕн пĕрлĕхне пăсма хăтланать, вĕсене пурне те çĕмĕрсе тăкăпăр!

Çĕнĕ пурнăç тăвас задачăсене пурнăçлассишĕн эпир хамăр вăйсене темиçе хут ӳстерсе ĕçлĕпĕр. Эпир хамăрăн пĕрремĕш пилĕкçуллăха готвальдла пилĕкçуллăх тесе ят патăмăр. Пĕтĕм вăя пилĕкçуллăха Готвальд хушнă пек пурнăçлас ĕçе парар, пирĕн тăван çĕршывра социализм тума хамăрăн мĕнпур вăйсене парар, вăрçă чĕртекенсен ирсĕр планĕсене тата ытларах пĕтерсе пырас тесе, пирĕн çĕршывран Совет Союзĕ ертсе пыракан пĕтĕм тĕнчери мир фрончĕн никам çĕнтерейми тĕрекĕ туса хурар!

Клемент Готвальд юлташăн ячĕ Чехословаки халăхĕн чĕринче ĕмĕр пурăнĕ. Вăл пирĕн чĕресенче, пирĕн шухăшсенче, пирĕн ĕçсенче пурăнĕ.

Чехословакири ударнăй бригада, Ленин — Сталин ялавĕ айĕнче, Готвальд çулĕпе—малалла!

Сывă пултăр Чехословакири Коммунистсен партийĕ, вăл Клемент Готвальд хушса хăварнă ленинла-сталинла ĕçе нихçан та сутмĕ!

Ĕмĕр-ĕмĕре сывă пултăр Чехословакипе совет халăхĕсем хушшинчи туслăхпа тăванлăх!

Сывă пултăр Гуспа Готвальдла халăх, çирĕп те паттăр Чехословаки халăхĕ!

Сывă пултăр пирĕн хаклă Чехословаки тăван çĕршывĕ, вăл хăйĕн чи аслă ывăлĕн—Клемент Готвальд юлташăн чысĕпе мухтавĕшĕн чечекленсе пытăр!

**ЧЕХОСЛОВАКИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧĔ. ЧЕХОСЛОВАКИ РЕСПУБЛИКИН ПРАВИТЕЛЬСТВИ. КĔРЕШĔВĔН НАЦИ ФРОНЧĔН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧĔ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ, ССР Верховнăй Совет Президиумĕ Клемент Готвальд юлташ вилнĕ пирки хурланса пĕлтерни

Мартăн 14-мĕшĕнче СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ Н. М. Шверник, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн пĕрремĕш Заместителĕ А. Я. Вышинский тата Совет Союзĕн Маршалĕ И. С. Конев Чехословаки Республикин Совет Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Я. Вошаглик патне пырса Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ ячĕпе Чехословаки Республикин Президенчĕ, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Председателĕ Клемент Готвальд вилнĕ пирки чĕререн хурланни çинчен пĕлтернĕ.

## Чехословаки Президентне Клемент Готвальда пытарнă çĕрте пулма уйăрнă правительство делегацийĕ

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ Чехословаки Республикин Президентне Клемент Готвальда пытарнă çĕрте пулма çаксенчен правительство делегацийĕ уйăрнă: СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш Заместителĕ Маршал Н. А. Булганин (делегаци пуçлăхĕ), ĕççынни депутачĕсен Мускав хула Совечĕн Председателĕ М. А. Яснов, Н. М. Пегов, ССР Союзĕн Чехословакири Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Е. Богомолов тата генерал-лейтенант А. З. Кобулов.

## Коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн пĕтĕм вăй-хăвата хурса кĕрешер!

### Тата лайăхрах ĕçлеме тупа тăваççĕ

Атăл леш енчи торф предприятийĕнчи агитаторсем рабочисемпе служащисем хушшинче аслă çулпуçа И. В. Сталина пытарнă кун Мускаври Хĕрлĕ площадьре СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Г. М. Маленков юлташ тата Л. П. Берия па В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсем çинчен каласа ирттереççĕ.

Партипе правительство руководителĕсем И. В. Сталин тупăкĕ умĕнче каланă сăмахсем рабочисемпе служащисен ĕçлес хаваслăхне татах ӳстереççĕ.

Ачасен яслийĕн заведующийĕ В. Миронова юлташ çапла каларĕ:

— Сталин юлташ ачасен чи çывăх тусĕ пулнă,— вĕсене сывă та тĕреклĕ пăхса ӳстерессишĕн хăйĕн вăй-хăватне хĕрхенмесĕр ĕçленĕ. Эпĕ çамрăк ăрăва воспитани парас тĕлĕшпе тата хастарлăрах ĕçлеме сăмах паратăп.

Агитатор калаçу ирттернĕ хыççăн пăравус машинисчĕ, Соснэвка поселок Совечĕн депутачĕ В. Филатов юлташ сăмах илсе, хăйĕн шухăш-кăмăлне каласа пачĕ.

— Сталин ялавне малалла илсе пыма хăйсем çине илнĕ руководительсен сăмахĕ пирĕн йывăр хурлăха çăмăллатать, ĕçре çĕнĕ вăй хушать. Тата тăрăшарах ĕçлĕпĕр. Эпир, электростанцие торф турттаракансем, задание яланах ирттерсе тултарма тата горючи нумай перекетлеме тупа тăватпăр,— терĕ.

— Пирĕн партипе совет халăхĕ аслă И. В. Сталинпа ĕмĕрлĕхех уйрăлчĕç. Сталин вилĕмĕ пирĕншĕн питĕ пысăк çухату. Анчах эпир хамăрăн алăсене усса лармăпăр. Сталин идейисене пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлĕпĕр. Эпĕ ĕç нормине кулленех ирттерсе тултарса пыма пулатăп,— терĕ Шупашкар хула Совечĕн депутачĕ Л. Алексеева комсомолка.

Торф предприятийĕн коллективĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне, СССР Министрĕсен Советне тата СССР Верховнăй Совет Президиумне телеграмма ячĕ. Вăл телеграммăра коллектив тата хастарлăрах ĕçлеме, стахановла ĕçне Тăван çĕршыв вăйхăватне тĕреклетсе пыма пулни çинчен каланă.

## Сталин ятне асра тытса

Пĕтĕм тĕнчери миршĕн, халăхсен ирĕклĕхĕшĕн кĕрешнĕ хаклă çулпуçăн И. В. Сталин юлташăн куçĕсем хупăнчĕç. Вĕçĕ-хĕррисĕр пысăк хурлăх пирĕн чĕрере.

Эпĕ чухăн хресчен çемйинче çуралса ӳснĕ. Манăн атте хăйĕн ĕмĕрне пуянсем патĕнче тарçăра çӳресе ирттернĕ. Вăл хутла пĕлмен. Пур-çук çĕрне пуянсене тара парса пурăннă. Чăвашсенчен нумайăшĕ ĕлĕк çавăн пек тертленнĕ.

Ленинпа Сталин ырми-канми ĕçлесе ытти халăхсемпе пĕрле пирĕн чăваш халăхне патша пусмăрĕнчен, капитал пусмăрĕнчен ĕмĕрлĕхех хăтарчĕç. Совет Союзĕнчи халăхсем аслă вырăс халăхĕпе пĕр çемье туса хучĕç.

Ленин хушса хăварнă пекех, Сталин юлташ пире чăн-чăн хаваслă пурнăç туса пачĕ. И. В. Сталин юлташ хăйĕн ĕмĕрне пирĕн пурнăçа аталантарассишĕн ĕçлесе ирттерчĕ.

Манăн чĕрене Ленинпа Сталин ячĕсем ĕмĕрлĕхе кĕрсе вырнаçнă. Сталин ятне чĕрере тытса тăшмана хирĕç çапăçса Аслă Отечественнăй вăрçăра тăватă медаль илме тивĕçлĕ пултăм. Вăрçă хирĕнче хамăн чи пысăк ĕмĕте—Коммунистсен парти ретне кĕрессине пурнăçларăм.

И. В. Сталин юлташ чĕри тапма чарăнни маншăн калама çук пысăк хурлăх пулчĕ. Ман умран парти çулпуçĕн сăнарĕ нихçан та çухалмĕ. Ленин Мавзолейĕ çинчен Хĕрлĕ площадьри çынсене алă сулса саламлани яланах куç умĕнче. Аслă Сталин пирĕнтен уйрăлса кайрĕ пулин те унăн ĕçĕсем ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕç.

Эпир Сталин хушса хăварнисене пурнăçлассишĕн ĕçлеме пулатпăр. Пирĕн чул кăларакан предприятире ĕçлекен коммунистсем тата пур рабочисем те партипе правительство чĕнсе каланине çирĕппĕн пурнăçласа пырĕç. Эпир стахановла вахтăна тăрса ĕçлесе 1953 çулхи производство планне ирттерсе тултарма, Коммунистсен партийĕн çĕнĕ Уставĕ хушнă пек тата та сыхă пулма тупа тăватпăр. И. В. Сталин юлташ ĕмĕрех пирĕнпе, пирĕн чĕресенче пулĕ, пире коммунизм туса çитерме хавхалантарса пырĕ.

**Я. М. БОРЬКОВ,**

**Вăрмарти механизмсемпе чул кăларакан предприятири парторганизаци секретарĕ.**

## Совет воинĕн сăмахĕ

Аслă полководец И. В. Сталин Генералиссимус вилни Совет Çарĕн воинĕсемшĕн калама çук йывăр хыпар пулчĕ. Эпир, совет воинĕсем, Тăван çĕршывăн хуралçисем, çак йывăр хурлăха мĕнпур совет халăхĕпе пĕрле чăтса ирттеретпĕр.

Генералиссимус Сталин вилни пире Коммунистсен партийĕ тавра тачăрах пĕрлешме хушать. Сталин вĕрентĕвĕ, вăл кăтартса панисем пире сыхă пулма, сталинла çар наукине тĕппĕн вĕренме чĕнеççĕ.

Сталин юлташ пире йывăр вăхăтра хамăра лăпкă тытма, çирĕп те хастарлă пулма вĕрентрĕ. Сталин Генералиссимус вĕрентнине эпир пĕр самантлăха та манмастпăр. Эпир хамăр Тăван çĕршыва, совет çыннисен мирлĕ ĕçне çирĕп хураллама, дисциплинăна татах çирĕплетме пулатпăр. Çĕнĕ вăрçă чĕртме хăтланакан империалистсен киревсĕр ĕçĕсем пире шиклентерeймĕç.

Сталин ертсе пынипе эпир Аслă Отечественнăй вăрçăра фашизма çапса аркатса, этемлĕхе фашизм пусмăрĕнчен хăтартăмăр. Мирлĕ тапхăрта совет воинĕ Сталинăн вилĕмсĕр ятне асра тытса тăван халăхăн мирлĕ ĕçне çирĕп хураллать.

Партипе правительство руководителĕсем Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем И. В. Сталин тупăкĕ умĕнче каланă сăмахсем пире тата хăватлăрах пулма, Тăван çĕршыва çирĕп сыхлама хушаççĕ. Эпир çавăн пек пулатпăр та. Тăван Чăваш республикинчи ĕççыннисем, эсир лăпкăн ĕçлеме, коммунизм обществи туса çитерессишĕн, Сталин хушса хăварнă ĕçсене пурнăçлассишĕн мирлĕ ĕçе лăпкăн туса пыма пултаратăр. Мирлĕ ĕçе пăсма никама та ирĕк памăпăр.

**В. АНТОНОВ.**

## Унăн çутă ячĕ ĕмĕр-ĕмĕрех пурăнĕ

Юратнă çулпуçăмăр тата учителĕмĕр Иосиф Виссарионович Сталин пирĕнтен ĕмĕрлĕхех уйрăлса кайрĕ.

Сталин юлташ вилни пирĕншĕн çав тери йывăр çухату. Сталинăн ячĕ совет учителĕсемшĕн, совет шкулĕнче вĕренекенсемшĕн калама çук хаклă.

Эпĕ патша самани арканнă вăхăтра, 1917-мĕш çулта, пуçламăш шкултан вĕренсе тухнă. Совет влаçĕ пулман пулсан, çав вĕренӳпех тăрса юлса, асаплă, хĕн-хурлă пурнăçпа пурăнмалла пулнă. Ленин—Сталин партийĕ, Совет правительстви тата ĕçхалăхĕн çулпуçĕсем Ленинпа Сталин тăрăшнипе эпĕ совет учителĕн ятне илтĕм. Вĕреннĕ вăхăтра кашни çулах государствăран стипенди илсе тăнă, укçасăрах ăшă тумтирсем илнĕ.

Учителе вĕренсе тухнăранпа 26-мĕш çул ĕнтĕ совет шкулĕнче çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас тĕлĕшпе ĕçлетĕп. Аслă çулпуçăмăр Сталин юлташ шкулсен ĕçне лайăхлатассишĕн, ачасене вĕрентессишĕн тата воспитани парассишĕн, учительсен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн ырми-канми ĕçленине куллен туйнă. Совет шкулĕ—тĕнчере чи малта пыракан, чăн-чăн халăх шкулĕ пулса тăчĕ, учительсен хисеплĕ ячĕ çӳлĕрен те çӳле çĕкленчĕ.

Халăха сутта кăларас тĕлĕшпе нумай çул хушши тата ăнăçлă ĕçленĕшĕн ССР Союзĕн Верховнăй Совет Президиумĕ мана «Хисеп палли» орденĕпе тата «Ĕçри хастарлăхшăн» медаль парса наградăларĕ. Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ ятне пачĕ.

Аслă çулпуçăмăр тата учителĕмĕр И. В. Сталин ертсе пынипе Тăван çĕршывра пурăнма, ĕçлеме савăнăçлă пулса тăчĕ. Лайăх ĕçлеме пирĕн валли пур условисем те çителĕклĕ.

Пирĕн çĕршывра шкулсен хисепĕ, вĕренекенсен йышĕ çултан-çул ӳсет. Çамрăк ăрăва вĕренме пурте çителĕклĕ. Хальхи вăхăтра пур çĕрте те обязательнăй йĕркепе çичĕ çул вĕренмелли закон ăнăçлăн пурнăçланчĕ, малалла пурне те обязательнăй йĕркепе вунă çул вĕрентесси пурнăçланса пырать.

Шкулшăн, шкулта вĕренекенсемшĕн, учительсемшĕн пирĕн çĕршыври пек хытă тăрăшни капитализмла çĕршывсенче нисçта та çук, пулма та пултараймасть. Çавăн пек тăванла тăрăшнине эпир — совет учителĕсемпе шкулта вĕренекенсем нихçан та манас çук.

Эпир халĕ калама çук хурлăхлă. Анчах аслă Сталин ятне асра тытса, хамăр вăя темиçе хут ӳстерĕпĕр, коммунизмшăн пыракан кĕрешĕве тата та ытларах хутшăнăпăр.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене чыслăн пурнăçлассишĕн ырми-канми ĕçлĕпĕр. Пире çак чаплă ĕçре Сталин съездра тухса каланă сăмахпа унăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле ĕçĕ хавхалантарса пырĕç.

**В. С. АНТОНОВ.**

**Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ.**

# Тăван çĕршыва йывăç ытларах хатĕрлесе парар!

## ХИСЕП ХĂМИ

**«Чăвашвăрман» трест тата ĕççынни депутачĕсен райсовет исполкомĕсемпе КПСС райкомĕсем тăратнă тăрăх, кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тата иртерсе тултарнăшăн республикăри Хисеп хăми çине çак колхозсене кĕртнĕ:**

### КУСЛАВККА РАЙОНĔ ТĂРĂХ

22. **Калинин ячĕпе тăракан колхоз** (председателĕ **Н. Петров** юлташ, пуçлăмăш парторганизаци секретарĕ **Н. Никифоров** юлташ, вăрман хатĕрлекен бригадăн бригадирĕ **Е. Павлов** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 101,5 процент, таснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 100,9 процент, турттарса кăлармалли плана 100,5 процент тултарнă.

### КОМСОМОЛЬСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

23. **«Красное Сормово» колхоз** (председателĕ **С. Шаринкин** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **А. Емельянов** юлташ, вăрман хатĕрлекен бригадăн бригадирĕ **Н. Шатов** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 100,8 процент, таснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 114,2 процент, турттарса кăлармалли плана 105,1 процент тултарнă.

24. **«Красная звезда» колхоз** (председателĕ **П. Яковлев** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **В. Дерягина** юлташ, йывăç касса хатĕрлекен бригадăн бригадирĕ **В. Карсаков** юлташ, йывăç турттаракан бригадăн бригадирĕ **Ш. Хайбулов** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 113,1 процент, турттарса кăлармалли плана 112,6 процент тултарнă.

25. **«Дружба» колхоз** (председателĕ **С. Алиулов** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **А. Захаров** юлташ, вăрман хатĕрлекен бригадăн бригадирĕ **К. Плешков** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 103,1 процент, таснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 100,2 процент, турттарса кăлармалли плана 113 процент тултарнă.

### ПЕРВОМАЙСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

26. **Шверник ячĕпе тăракан колхоз** (председателĕ **Т. Тимофеева** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **Ф. Амутин** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 105 процент, таснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 100 процент, турттарса кăлармалли плана 106,6 процент тултарнă.

27. **«Пионер» колхоз** (председателĕ **Р. Сынгаров** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **А. Казеев** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 100,8 процент, таснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана 109,6 процент, турттарса кăлармалли плана 108,8 процент тултарнă.

## Кашни колхоз плана тултартăр

МУРКАШ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз вăрман хатĕрлемелли плана районта пуринчен малтан тултарчĕ. Çак ӳсĕме колхоз правленийĕпе парторганизаци колхозниксен ĕçне тĕрĕс йĕркеленипе, государство заданине вăхăтра пурнăçлассишĕн пĕтĕм ответлăха туйса ĕçленипе турĕç. «Свобода», «Сталинец», «Правда», Ленин ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан артельсен членĕсем касса хатĕрленĕ йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана иртерсе тултарчĕç.

Малта пыракан колхозсен опычĕ çакна кăтартса парать: пĕтĕм тимлĕхпе, ĕç вăйĕпе тата туртăм вăйĕпе туллин усă курса ĕçлесен, пур колхозсем те плана çак кунсенчех тултарма пултараççĕ. Анчах уйрăм колхозсем вăрман хатĕрлевĕнче пысăк кăлтăксемпе ĕçлеççĕ, районта каялла туртса пыраççĕ. Маленков ячĕпе, Хрущев ячĕпе тăракан тата «Искра» колхозсем плана çуррине те тултарман. Чылай колхозсем таснă йывăçа çул хĕррине илсе тухас тĕлĕшпе начар ĕçлеççĕ.

Юлса пыракан колхозсен правленийĕсем ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ плана тултарма кирлĕ чухлĕ уйăрса ямаççĕ, вăрманта ĕçлекенсене час-час улăштарса тăраççĕ. Хрущев ячĕпе тăракан колхозăн тата 900 фестметр таран йывăç хатĕрлемелле. Колхоз председателĕ С. Смирнов юлташ, парторганизаци секретарĕ И. Анисимов юлташ плана тултарма ку таранччен те тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Анисимов юлташ вăрманта пулчĕ. Унта вăл колхозниксен ĕçне йĕркелес, партиллĕ-политикăллă ĕçе туса пырас вырăнне, кăшт пурăнсанах тата плана тултармасăрах колхозниксене киле ертсе таврăнчĕ. «Искра» тата «Знамя коммунизма» колхозсен руководителĕсем пирки те çавнах каламалла. Вĕсем пуш халапа çапса, «ĕçлемеллĕх вăхăт пур-ха» тесе лараççĕ.

Муркаш районĕнчи колхозниксен вăрман хатĕрлес ĕçре пысăк опыт пур. Вĕсем иртнĕ çулта государство заданине ку вăхăтчен ик-виçĕ уйăх малтан тултарчĕç. Çавăн пек тума кăçал та майсем çителĕклĕ пулнă. Анчах партипе совет органĕсем колхозниксене мобилизацилеме, малта пыракан колхозсен опытне сарма тăрăшмаççĕ. Чăнах та, парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ вăрман хатĕрлевĕ çинчен тăтăшах сӳтсе яваççĕ, унсăрăн пĕр лару та иртмест. Хăйсен решенийĕсене вĕсне çитиччен пурнăçлассишĕн кĕрешмеççĕ. Акă пĕр тĕслĕх. «Искра» колхоз председателĕн, коммунист Г. Волков юлташăн докладне пĕр уйăх каялла райком бюровĕнче итленĕ. Вăл ун чухне вăрман хатĕрлевĕн планне тултарма сăмах панă. Анчах колхоз çав-çавах юлса пырать. Кун пек тĕслĕхсем татах пур. Парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ ял Советсемпе колхоз руководителĕсене партипе государство дисциплинине çирĕп тытса пыма çителĕксĕр вĕрентсе воспитани параççĕ, чылай чухне вĕсен сăмахне ытларах ĕненеççĕ. Уйрăм колхозсем юлса пыни çавăнтан килет те ĕнтĕ.

Н. ПУШКИН.

## Çул тума вăхăтра хатĕрленмелле

Иртнĕ çулта пирĕн республика çул-йĕр строительстви валли материалсем хатĕрлемелли государство планне 128 процент тултарчĕ. Çавна пула чул сарса çулсем тумалли тата кивĕ çулсене тĕпрен юсамалли плана 115 процент, кĕперсемпе трубасем тумалли плана 107 процент, çул хĕррине йывăç лартмалли плана 138 процент тултарма май килчĕ.

Пĕрремĕш квартал çул-йĕр строительствин çулталăкри планне ăнăçлă тултармалла тăвас ĕçĕн ăнăçлăхне татса паракан тапхăр пулса тăрать. Çавăнпа та çак кварталта мĕн тума пултарнине йăлтах тумалла. Çул-йĕр строительствине çыхăннă ĕçсене вăхăтра пурнăçламалла.

Иртнĕ çулта Элĕк, Советски, Сĕнтĕр, Красноармейски, Шăмăршă, Хĕрлĕ Чутай, Етĕрне, Кувакино тата Пăрачкав районĕсем, çавăн пекех 240-мĕшпе 241-мĕш çул участокĕсем пĕрремĕш кварталта çул-йĕр строительстви валли материалсем хатĕрлемерĕç. Çавăн пирки çак районсем государство планне тултараймаң.

Строительство материалĕсем хатĕрлес тĕлĕшпе нумай районсем кăçал та пĕлтĕрхи йăнăшсенех тăваççĕ. Пĕрремĕш квартал иртсе пырать пулин те, Кувакино, Первомайски, Пăрачкав, Советски, Красноармейски, Сĕнтĕр, Етĕрне районĕсем йывăç, чул тата хăйăр турттарас тĕлĕшпе кирлĕ пек ĕçлемеççĕ-ха. Çак районсенчи çул-йĕр пайĕсем кăçалхи плана ăнăçлă тултармалла тăвас тесе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Асăннă районсенче райисполкомсем çул-йĕр ĕçне ертсе пымаççĕ. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ райсовет исполкомĕсене çул-йĕр работникĕсемпе урăх çĕрте усă курма чарнă. Анчах Советски, Елчĕк, Çĕмĕрле, Сĕнтĕр, Ишлей, Çĕрпӳ, Йĕпреç районĕсенче çул-йĕр пайĕсен заведующийĕсене тăтăшах урăх ĕç тума хушаççĕ. Сăмахран, Советски районĕнчи çул-йĕр пайĕн заведующийĕ Калитов юлташ 1952 çулта 250 кун хушши райисполком уполномоченнăйĕ пулса ĕçленĕ. Районта çул-йĕр ĕçĕпе никам та интересленмен. Ахальтен мар ĕнтĕ район кĕперсем тумалли плана 12 процент кăна тултарнă. Кĕперсем юсавлă мар. Çавна пула çурхи шыв-шур вăхăтĕнче тата вăйлă çумăрсем çунă вăхăтра Выла шывĕ района икĕ пая пайлать, ялсем хушшинчи çыхăну татăлать. Ку вăл МТС-па колхозсен ĕçĕнче те пысăк чăрмав пулса тăрать.

Элĕк, Красноармейски, Сĕнтĕр, Шăмăршă тата Кувакино районĕсен руководителĕсем çулсемпе кĕперсем тăвас ĕç çине тимсĕррĕн пăхаççĕ. Асăннă районсен руководителĕсем кашни колхоз çул-йĕр строительствине хутшăнмалли çинчен йышăннă закона хăйсем пăсаççĕ, государство заданине пурнăçлас ĕçрен пăрăнакансем майлă пулаççĕ.

Пĕрремĕш квартал çуллахи çул-йĕр ĕçĕсене тума хатĕрленмелли тапхăр пулса тăрать. Çулла кирлĕ пулакан пĕтĕм йывăçа хĕллехи вăхăтра хатĕрлемелле. Хĕлле йывăçа çунапа турттарса тухма çăмăлтарах, çулла вара шурлăхлă вырăна пырса кĕме хĕн. Унсăр пуçне хĕлле касса хатĕрленĕ йывăç çулла каснă йывăçран чылай лайăхрах. Хĕллехи вăхăтра кĕпер юписене лартса пĕтермелле, кĕперсен уйрăм конструкцийĕсене хатĕрлемелле. Çапла тусан çул-йĕр строительстви планне тултармалли вăхăт кĕскелет, ĕç пахалăхĕ ӳсет.

Пĕрремĕш кварталта çурхи шыв-шура кĕтсе илме хатĕрленмелле. Ку вăл—питĕ пысăк та ответлă ĕç. Çурхи ĕçсене вăхăтра, кирлĕ пек тусан кăна кĕперсене сыхласа хăварма пулать. Ку ĕçе вăраха тăсма юрамасть. Çакна манмалла мар: кĕперсем çĕмĕрĕлсен автомашинăсемпе тракторсем валли çӳреме çул пулмасть. Çураки валли вăрлăх турттарасси йывăрланать, çурхи ака-суха ĕçĕсем вăраха тăсăлма пултараççĕ.

Çурхи шыв-шурлă кунсене çул-йĕр работникĕсем пур енчен те хатĕр пулнипе кĕтсе илмелле: кĕперсене, ледорезсене туса тата юсаса пĕтермелле. Анчах Чурачăк, Шăмăршă, Елчĕк, Элĕк, Ишлей, Красноармейски, Первомайски, Сĕнтĕр районĕсенче кĕперсене юсама тытăнман. Çак ĕçсем валли материалсем туянма Шăмăршă, Комсомольски районĕсенче халĕ те укçа-тенкĕ уйăрса паман. Çуркуннене хатĕрленес ĕç çине тимсĕррĕн пăхни пысăк сиен кӳресси патне илсе пыма пултарать.

Çул-йĕр органĕсем умĕнче пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Çул-йĕр работникĕсен республикăри канашлăвĕ 1953 çулхи строительство планне срокчен тата пысăк пахалăхпа тултарма социализмла обязательство йышăнчĕ, Мордва тата Мари АССР-ĕнчи çул-йĕр работникĕсене социализмлă ăмăртăва чĕнчĕ.

1952 çул вĕçленнĕ тĕле пирĕн республика çул-йĕр строительстви енĕпе РСФСР-та малти вырăнсенчен пĕрне йышăнса тăнă. 1953 çулхи мартăн 1-мĕшĕ тĕлне вара республика материалсем хатĕрлес тата турттарса тухас тĕлĕшпе 34-мĕш вырăна тăрса юлнă. Мари республики 23-мĕш вырăн, 1952 çулта 67-мĕш вырăнта пулнă Тутар республики 15-мĕш вырăн йышăнать. Кӳршĕллĕ республикăсем пирĕнтен иртсе кайрĕç. Ку вăл çул-йĕр работникĕсем иртнĕ çулта тунă çитĕнӳсемпе лăпланса ларнинчен килет.

Çул-йĕр органĕсен пĕр тăхтаса тăмасăр йывăç, чул, хăйăр хатĕрлес тата турттарас, кĕперсем, ледорезсем тăвас ĕçе организацилемелле. Строительство планне срокчен тултарассишĕн, республикăна малти вырăна кăларассишĕн районсем, колхозсем, çул-йĕр бригадисем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сармалла.

Материалсем хатĕрлесе турттармалли, кĕперсене юсамалли плана тултарассишĕн тата иртерсе тултарассишĕн кĕрешесси çул-йĕр работникĕсен чыслă задачи пулса тăрать.

**П. РУНГШ,**
**Чăваш АССР Çул-йĕр Управленийĕн начальникĕ.**

### *Строительство материалĕсем хатĕрлеççĕ*

КОМСОМОЛЬСКИ. Малта пыракан колхозсем çулсемпе кĕперсем тума тата киввисене юсама кирлĕ материалсем хĕлле хатĕрлеме тăрăшаççĕ. «Красное Сормово» колхоз чул кăларса турттармалли задание иртерсе пурнăçларĕ. Берия ячĕпе тăракан колхозра çул-йĕр бригадине ĕççынни депутачĕсен район Совечĕн депутачĕ С. Антонова юлташ ертсе пырать. Бригада чылай чул кăларса турттарчĕ. «Искра» колхозри çул-йĕр бригади куллен 14 лавпа чул турттарать. Мичурин ячĕпе тăракан колхозăн кăçал Янкассипе Нĕркеç хушшинче пысăк кĕпер тумалла. Çав кĕпере тума 160 кубометр йывăç кирлĕ. Платниксен бригадирĕ А. Воронов юлташ, вăрманта пулса, кĕпер тума юрăхлă йывăç суйласа кастарчĕ.

Анчах çак ĕçе хакламанни те пур-ха. «Гигант» колхозăн 30 кубометр чул хатĕрлемелле. Ку вăхăта çитсе пĕр кубометр та кăларман. Пĕлтĕр «Светлая жизнь» колхоз председателĕ Морозов юлташ кĕпер тума хатĕрленĕ пĕренесене салатса янă. Вăл кăçал та строительствăна хатĕрленме тăрăшмасть.

**Н. КВАСОВ.**
**Л. ТАЛЛЕРОВ.**

# И. В. Сталина асăнса

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕТНЕ

Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки чунтан-чĕререн хурланатпăр. Пĕтĕм тĕнчери халăхсен çулпуçĕ умĕнче пуç таятпăр.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине унпа тăванла пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтеретпĕр.

Алжирти Коммунистсен партийĕн секретарĕсем — **Ларби Бухали, Башир Хадши Али, Поль Кабальеро, Ахмед Аккаш, Андре Муан.**

## И. В. Сталин юлташ вилнĕ пирки урăх çĕршывсенчи партисемпе обществăллă организацисен тата ĕççыннисен коллективĕсем хурланса пĕлтерни

И. В. Сталин юлташ вилнĕ пирки Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе урăх çĕршывсенчи çак партисемпе обществăллă организацисенчен тата ĕççыннисен коллективĕсенчен хурланса пĕлтернисем килнĕ:

Боливири Компартин Центральнăй Комитетĕнчен; Люксембургри Компартин Центральнăй Комитетĕнчен; Ирландири рабочисен лигин исполкомĕнчен; Трансиорданири Компартин Центральнăй Комитетĕнчен; Иран Азербайджанĕнчи Демократиллĕ партин Центральнăй Комитетĕнчен; Пуэрто-Рикори Компартин Центральнăй Комитетĕнчен; Перу Компартийĕнчен; Сальвадорти Компартин Центральнăй Комитетĕнчен; Кипрти Компартин Центральнăй Комитетĕнчен; Панамăри Халăх партийĕнчен; Сан-Маринори Компартин Центральнăй Комитетĕнчен; Доминикан Социалистла Халăх партийĕнчен; «За прочный мир, за народную демократию!» хаçатăн редакторĕсен коллегийĕнчен; Польшăри Демократиллĕ партин Центральнăй Комитечĕпе Главнăй Советĕнчен; Польшăри Хресченсен Пĕрлешнĕ партин Главнăй Исполнительнăй Комитетĕнчен; Бирмăри Рабочисемпе Хресченсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен; Финлянди халăхĕн Демократиллĕ Союзĕнчен; Албанири Демократиллĕ фронт организацийĕнчен; Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин Союзĕн Центральнăй Советĕнчен; Румынири Арлюс Генеральнăй Советĕнчен; Японири профсоюзсен Нацилле Конгресĕнчен; Грецири Славо-македонецсен организацийĕн Центральнăй Комитетĕнчен; Никарагуари мире хӳтĕлекенсен Центральнăй Комитетĕнчен; Парламентри сенатор-коммунистсен ушкăнĕнчен — Скоччимарро, Пасторе юлташсенчен — Рим хули, Итали; Германири Коммунистсен партийĕн бундестагри фракцийĕнчен; Кубари Гавана хулинчи транспортра ĕçлекен ĕççыннисенчен; Ĕçлĕх партийĕн Женева секцийĕн Парламентри фракцийĕнчен, Швейцари; Франци Компартийĕн Сенăпа Уаза департаменчĕн Федеральнăй Комитетĕнчен; Австралири Виктори штатĕнчи Коммунистсен партийĕн Комитетĕнчен; Бухарест хулинчи парти активĕн пухăвĕнчен; Вена хулинчи Сталин ячĕпе тăракан площадьре пулнă хурлăхлă митинга хутшăннă çынсенчен, Австри; Бухарест хулинчи «Михаил Арделяну» предприятийĕнче ĕçлекен рабочисенчен, техниксенчен тата служащисенчен; Румынири Кутино ялĕнчи коллективлă ялхуçалăх членĕсенчен; Румынири Плоешти хулинчи ĕççыннисенчен; Албанири Фиер хулинчи наукăпа тĕпчев сывлăх институчĕн сотрудникĕсен коллективĕнчен; Албанири Корча хулинчи чикĕри çар чаçĕсенчи çар çыннисенчен; Венгрири Комарома хулинчи ĕççыннисенчен; Вена хулинчи Эгидиер-Нейвальд тимĕр-тăмăр заводĕнчи рабочисемпе служащисен коллективĕнчен; Германири Бернбурн районĕнчи центральнăй шкулта вĕренекен пионерсенчен; Блумбергри ялхуçалăх кооперативĕпе община совечĕн коллективĕнчен, Германи; Прага хулинчи наука работникĕсен Чехословаки союзĕнчен; Любневицери государство çĕрĕç хуçалăхĕн работникĕсенчен, Польша; Австрири Рабочисен Социалистла партийĕнчен; Алжирти Сидибелаббес Коммунистсен партийĕн район комитетĕнчен, Оран хули; Куопио хулинчи (Финлянди) рабочисенчен; Токио хулинчи «Дзюдзио инсолуу» издательствинчи рабочисенчен; Токио хулинчи «Дзэнсиндза» театрĕн сотрудникĕсенчен; Боливири Оруро округĕнчи коммунистсенчен; Болгарири Плетена ялĕнчи ĕççыннисен пухăвĕнчен; Индири Коммунистсен партийĕн Пенджаб комитетĕнчен; Румынири Венгри автономиллĕ облаçĕнчи ĕççыннисен делегачĕсен пухăвĕнчен; Амстердам хулинчи Кăнтăр газ заводĕнчи рабочисенчен; Пĕтĕм Голландири çамрăксен организацийĕн Хильверсум хулинчи уйрăмĕнчен; Демократиллĕ хĕрарăмсен Союзĕн Одер çинчи Фюрстенберг районĕнчи организацийĕнчен, Германи; Австралири Сидней хулинчи моряксен Союзĕн членĕсенчен; Чилири Сантьяго хулинчи империализма хирĕç кĕрешекен организацирен; Цейлонри Компартин Канди хулинчи район комитетĕнчен; Индири Калькутта хулинчи коммунистсенчен; Герц заводĕнчи Австрипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин коллективĕнчен; Германири В. Ульбрихт ячĕпе тăракан Право академи коллективĕнчен; Будапешт хулинчи ачасен иккĕмĕш клиникинче ĕçлекен врач-воспитательсемпе ытти работниксенчен, çавăн пекех тата урăх çĕршывсенчи ытти нумай организацисемпе коллективсенчен. (ТАСС).

### Колонисенчи халăхсем И. В. Сталин кăтартса панă çулпа пыраççĕ

ЛОНДОН, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Англири негр рабочийĕсемпе студенчĕсен ассоциацийĕ Совет Союзĕн Лондонри посольствине послани ярса панă. Унта çапла каланă:

«Пирĕншĕн, наци ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен колониллĕ çĕршывсенчи нумай миллионшар çынсемшĕн пекех, И. В. Сталин вилни пысăк çухату пулса тăрать. Ку вăл пирĕн ĕçшĕн кĕрешекен борецăн вилĕмĕ пулчĕ. Вăл вĕрентнине тĕп вырăна хурса, эпир хамăр наци самоопределени правине илессишĕн кĕрешĕве малалла туса пырăпăр. Совет халăхĕ коммунизм тăвассишĕн кĕрешес ĕçре тата пысăкрах çитĕнӳсем тăвасса эпир шанса тăратпăр...

Сывă пултăр совет халăхĕпе колониллĕ çĕршывсенчи халăхсем хушшинчи туслăх! Сывă пултăр мир!»

# Вăрлăх акса тăвас ĕçе лайăхлатмалла

Март уйăхĕн малтанхи кунĕсенче Шупашкарта Чăваш АССР ялхуçалăх министерстви республикăри вăрлăх хуçалăхĕсенче ĕçлекен агрономсен канашлăвне ирттерчĕ. Канашлу ĕçне Государство селекци станцийĕн, ялхуçалăх институчĕн, Государствăн сортсем сăнакан участокĕсен тата вăрлăх пахалăхне тĕрĕслекен Государство инспекцийĕн работникĕсем хутшăнчĕç.

Канашлăва пухăннисем пĕр ыйту — партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тата республикăри колхозсенче сортлă тырăсемпе курăксен вăрлăхне акса тăвас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе умра тăракан задачăсем çинчен сӳтсе яврĕç. Çак ыйтупа Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕ Г. А. Мартынов юлташ, селекци станцинчен К. Малявский юлташ, сортсем сăнакан Государство инспекцийĕнчен Я. Федотов юлташ, Шупашкар, Елчĕк, Улатăр, Чкаловски тата Çĕрпӳ районĕсенчи вăрлăх хуçалăхĕсен агрономĕсем—Кириллова, Васильева, Беляева, Юров, Ефимов, Лукин юлташсем докладсем туса пачĕç.

Докладчиксем тата прениre тухса каланă юлташсем пурте республикăри колхозсенче пĕтĕм çĕр лаптăкăшнех паха йышши сортлă тырăсемпе курăксем акса тума условисем çителĕклĕ таранах пуррине палăртрĕç. Кашни районта пекех вăрлăх акса тăвакан хуçалăхсем организациленĕ. Вĕсем государство склачĕсене çулсеренех вуншар пин центнер паха йышши сортлă тырă тата курăк вăрлăхĕ парса тăраççĕ.

Партипе правительство куллен тăрăшнипе колхозсенче тата совхозсенче ялхуçалăхне малалла вăйлăн аталантарма кирлĕ условисене пурне те туса панă. Республикăри МТС-сем çĕнĕ, хăватлă техникăпа пуянланса пыраççĕ. Çав техника ялхуçалăхĕнчи мĕнпур ĕçсене механизацилеме май парать. Колхозсем юлашки çулсенче обществăллă хуçалăха самаях çирĕплетрĕç. Колхозсенчи ертсе пыракан кадрсене — председательсене, бригадирсене, ферма заведующийĕсене, çавăн пекех МТС-сенчи ертсе пыракан кадрсене суйласа лартас тĕлĕшпе юлашки вăхăтра пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. Колхозсене ертсе пыма ялхуçалăх специалисчĕсене чылай суйласа лартнă. Колхозсенче ĕçлекен агрономсемпе зоотехниксен, ветеринари врачĕсемпе фельдшерĕсен йышĕ ӳссе пырать.

Партипе правительство колхозсемпе совхозсенче вăрлăхлăх тырăсем çителĕклĕ акса тумалли, вăрлăх акса тăвас ĕçе тата ялхуçалăх культурисен вăрлăх пахалăхне лайăхлатмалли мерăсем çинчен йышăннă решение пурнăçласа, колхозсем 1952 çулта сортлă тырăсем акса тăвакан çĕр лаптăкне ӳстерчĕç. Ыраш, кĕрхи тулă тата çурхи тулă йăлтах сортлă вăрлăхсемпе акнă. Улатăр, Вăрнар, Калинино, Чкаловски тата Елчĕк районĕсенче сортлă тырăсемпе акнă çĕр лаптăкĕ 96—99 процента çитнĕ. Лайăх сортсем акса тунипе чылай колхозсем çулсеренех пысăк тухăçлă тĕштырăсем, пăрçа йышши культурăсем тата нумай çул ӳсекен курăксем туса илеççĕ. Ульяновка сортлă кĕрхи тулă Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозра иртнĕ çулта вăтам шутпа кашни гектартан 26,3 центнер тухнă. Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз Долинское 86 сортлă вире 18,7 гектар çинче 40-шер центнер, Çĕрпӳ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз 15 гектар çинче—45-шер центнер пухса кĕртнĕ.

Çапах та ялхуçалăхне ертсе пыракан органсен руководителĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем колхозсенче пĕтĕмĕшпех сортлă тырăсем акмалла тăвас задачăна питĕ те вăраххăн пурнăçласа пыраççĕ-ха. Сортлă тырăсем акнă çĕр лаптăкĕ, пĕтĕмĕшпе илсен, республикăра 86,5 процент кăна шутланать. Колхозсенче уйрăмах Ульяновка сортлă тулла сахал акса тăваççĕ. Красноармейски, Хĕрлĕ Чутай, Элĕк, Калинино районĕсенче ăна акса тăвакан çĕр лаптăкĕ 15—20-шер гектар кăна, Шăхасан тата Етĕрне районĕсенче çак паха сортлă тулла пачах акмаççĕ.

Вятка, Казанская сортлă ыраш вăрлăхĕ республикăра çителĕклĕ пулин те хăшпĕр колхозсем халĕ те тахçанах пăрахăçа кăларнă Авангард сортлă ыраш акса пурăнаççĕ. Çавăн пекех паха сортлă урпа тата вир акса тăвасси те юлса пырать. Диппе сортлă сĕлле акма планланăранпа 15 çул иртрĕ. Анчах чылай колхозсем çак лайăх сĕлле халĕ те акса тума тытăнман. Сĕлĕ акса тăвакан пĕтĕм çĕр лаптăкĕнче 1952 çулта Диппе сĕлĕ пурĕ те 78 процент кăна йышăннă. Вăл сĕлле, çултан-çул ытларах акса пырас вырăнне, Элĕк, Куславкка, Сĕнтĕрвăрри, Муркаш, Шăмăршă тата Шăхасан районĕсенче малтанхи çулсенче акнинчен сахалрах акса тунă.

Сортлă вăрлăх акса тăвас тата ăна государство склачĕсене памалли плана Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе, Шупашкар районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан, Элĕк районĕнчи «Правда», Елчĕк районĕнчи «Пахарь», Чурачăк районĕнчи «Совет» вăрлăх хуçалăхĕсем ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ. Çав вăхăтрах республикăри вăрлăх хатĕрлекен 25 хуçалăхран 15 хуçалăх иртнĕ çулта тырпул тухăçлăхне ӳстермелли плана тултараймарĕç, сортлă тырăсене япăх пăхса ӳстерчĕç, вăрлăх çителĕклĕ туса памарĕç. Сăмахран, Шăмăршă районĕнчи Мичурин ячĕпе, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Мичурин ячĕпе, Октябрьски районĕнчи Калинин ячĕпе, Советски районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан, Тăвай районĕнчи «Искра Ильича» колхозсем, хăйсем вăрлăх хатĕрлекен хуçалăхсем пулсан та, иртнĕ çулта районсенчи ытти колхозсенчен япăхрах ĕçлерĕç.

Районсенчи ялхуçалăх пайĕсем, МТС-семпе вĕсен специалисчĕсем, çавăн пекех Ялхуçалăх министерствин сорт Управленийĕ те çакнашкал çитменлĕхсене хирĕç кирлĕ пек кĕрешмеççĕ-ха.

Вăрлăх хуçалăхĕсенче ĕçлекен агрономсем вăрлăх туса илес ĕçе тĕпренех лайăхлатма тивĕç. Вăрлăх хуçалăхĕсем тата государствăн вăрлăх сăнакан участокĕсем вырнаçнă колхозсем çĕрĕç культурине ӳстерсе пыракан, практикăри опытпа ялхуçалăх науки тунă çитĕнӳсене пурнăçа кĕртсе пыракан хуçалăхсем пулса тăмалла. Вĕсенче сăнавлă ĕçсем туса ирттермелле, малта пыракан агротехникăлла мероприятисене ытти колхозсенчи вăрлăх участокĕсем çине сармалла.

Вăрлăх тăвас ĕçре селекци станцийĕн паха тĕслĕх кăтартса пымалла. Селекци станцийĕ пусă çаврăнăшĕсем йĕркелес ĕçре, тăпра тухăçлăхне лайăхлатас тĕлĕшпе çитĕнӳсем турĕ. Анчах унăн ĕçĕнче çитменлĕхсем нумай-ха. Вырăнти сортсене лайăхлатса улăштарас, çĕнĕ сортсем кăларас ĕçсем çаплах юлса пыраççĕ.

Ялхуçалăх производствине çĕнĕ сортсем кĕртсе пырас ĕçре государствăн сортсем сăнакан участокĕсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Анчах сăнав участокĕсен ĕçĕнче те пысăк çитменлĕхсем пур. Çĕнĕ сортсене колхозсен уй-хирĕсенче акса сăнаса пăхас ĕç халĕ те кирлĕ пек пулса пымасть. Государствăн сортсем сăнакан хăшпĕр участокĕсем колхозсемпе тачă çыхăнса ĕçлемеççĕ. Вĕсем вырнаçнă колхозсенчен хăшĕсем ытти колхозсенчен япăхрах тырпул туса илеççĕ.

1953 çулта нумай çул ӳсекен курăксем акмалли плана кашни колхоз тăрăх тултармалла. Анчах курăксем акса тăвас ĕç чылай колхозсенче халĕ те кирлĕ пек пулса пымасть-ха. Вĕсен тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ. Вĕсене япăх пăхатпăр, агротехникăлла ĕçсене туса ирттерместпĕр. Акă, Сĕнтĕр районĕнчи «Колос» колхоз малтанхи çулсенче хăйĕн клеверĕпе мухтава тухнăччĕ, юлашки çулсенче вара колхоз курăк вăрлăхĕ хатĕрлесе памалли плана тăтăшах тултармасть.

1953 çулта республикăри колхозсенче нумай çул ӳсекен курăксене вăрлăхлăх 16 пин гектар хăварса пухса кĕртмелле. Кашни района тата колхоза ку тĕлĕшпе государство çирĕп задани парать.

Республикăри колхозсенче çуракине хатĕрленес ĕçсем юлса пыраççĕ. Вăрлăх фончĕсене туса çитермелли сроксем тахçанах иртсе кайрĕç пулин те, нумай колхозсем çураки валли пĕрчĕллĕ, пăрçа йышши тырăсен вăрлăхне тата нумай çул ӳсекен курăксемпе пĕр çул ӳсекен курăксен вăррисене çителĕклĕ хатĕрлемен. Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Кувакино, Пăрачкав, Çĕрпӳ районĕсенчи чылай колхозсен çураки ирттерме вăрлăх çитмест, анчах иртнĕ çулхи тырпула çапса пĕтермен. Правительство МТС-сене хĕллехи вăхăтра авăн çапма горючи хушса пачĕ. Пур колхозсенче те вăрлăх хатĕрлес тĕлĕшпе çитес кунсенчех татăклă улшăну тумалла.

Колхозсен кăçал клеверпа люцернăна тимофеевкăпа е овсяницăпа хутăш акса хăвармалла. Республикăна кăçал люцерна вăрлăхĕ чылай илсе килнĕ. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ыйтнипе колхозсене сутма клевер, люцерна, тимофеевка тата ытти курăк вăррисем нумай уйăрса панă. Çав вăрлăхсене колхозсен хăвăртрах туянмалла, кашни колхоз хăйĕн уй-хирĕсенче нумай çул ӳсекен курăксем акмалли плана ăнăçлă тултармалла.

Сӳтсе явнă ыйту тăрăх прениre 9 çын тухса каларĕ. Йĕпреç районĕнчи Крупская ячĕпе тăракан колхоз агрономĕ Петров юлташ республика условийĕсенче хăшпĕр çулсенче ыраш уйрăмах япăх пулни, тулса çитмесĕрех пĕрчĕсем тăкăнни çинчен каларĕ.—Анчах та çакă вăл мĕнле сăлтавсенчен килсе тухнине тата ăна хирĕç мĕнле кĕрешмеллине Государство селекци станцийĕ те, Чăвашсен Ялхуçалăх институчĕ те ку тарана çитсе татса параймаççĕ,—тет Петров юлташ.

Çĕрпӳ районĕнчи «Цивильстрой» колхоз агрономĕ Болдырев юлташ нумай çул ӳсекен курăксем акса тăвас ĕçре пысăк йăнăшсем пуррине, çав йăнăшсене тӳрлетес тĕлĕшпе Ялхуçалăх министерстви кирлĕ мерăсем йышăнмасăр тăнине палăртать. Болдырев юлташ пĕрремĕш çул ӳсекен клевера вăрлăхлăх хăварнине, çав вăрлăха иккĕмĕш çул ӳсекен клевер вăрлăхĕпе хутăштарнине сиенлĕ тесе шутлать.

Ялхуçалăх институчĕн доценчĕ Кружилин юлташ хăйĕн сăмахĕнче сухалакан тăпра сийне таранлатса пыни, вырăнти удобренисемпе тĕрĕс усă курма пĕлни, тырă акмалли лайăхрах меслетсене пурнăçлани—тырпул тухăçлăхне пĕрмаях ӳстерсе пымалли майсем пулса тăнине витĕмлĕ тĕслĕхсемпе кăтартса пачĕ.

Шупашкар районĕнчи сортсем сăнакан участокăн заведующийĕ Григорьев юлташ республикăри колхозсенче акма планланă паха сортлă тырăсене хăвăртрах ĕрчетме кирли çинчен каларĕ. Ялхуçалăх министерстви çак ĕç çине сиелтен пăхнипе пула Ульяновка сортлă тулă, Торсдаг сортлă пăрçа вăрлăхĕсем колхозсенче халĕ те çителĕклĕ мар. Çавăн пекех, кивелнĕ вăрлăха çĕнĕ вăрлăхпа улăштарса тăрас ĕçе те йĕркеллĕрех туса пыни кирлĕ, —тет Григорьев юлташ.—Нумай çул хушши акнă вăрлăх, ăна кирек мĕнле лайăх условисенче акса ӳстерсен те, çĕнĕ вăрлăхран чылай сахалрах тухăç парать.

Ялхуçалăх институчĕн профессорĕ Пельцих юлташ республикăра çĕрулми тухăçлăхĕ кирлĕ пек ӳсе пыманни çинчен чарăнса тăчĕ. Вăл çĕрулмине кăçал иртерех лартса хăварма сĕнет.

Сураки валли вăрлăх хатĕрлес ĕçсем чылай колхозсенче юлса пыни, çав ĕçре районсенчи ялхуçалăх пайĕсемпе МТС-сем енчен колхозсене кирлĕ пулăшу çителĕклĕ памани çинчен прениre Данилов (Вăрнар районĕ), Соловьева (Советски) тата Волкова (Хĕрлĕ Чутай) юлташсем каласа пачĕç.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсене пурнăçлассишĕн социализмлă ăмăртăва хутшăнса, канашлу участникĕсем конкретлă обязательствăсем илчĕç.

# „Эпир Сталинпа пӗр вӑхӑтра пурӑннӑшӑн телейлӗ“

## Англири ӗççыннисен хурлӑхӗ

ЛОНДОН, мартӑн 13-мӗшӗ. (ТАСС). Енер каçхине Хаммерсмит ратушинче (Лондон) ССР Союзӗпе культурӑллӑ çыхӑну тытакан общество Иосиф Виссарионович Сталин юлташа асӑнса митинг ирттернӗ. Митингра 700 çынна яхӑн пулнӑ. Наукӑпа культурӑн паллӑ деятелӗсем тухса каланӑ. Митинга прогрессивлӑ юрист Д. Н. Притт председатель пулса ертсе пынӑ.

Паллӑ физик профессор Бернал хӑйӗн сӑмахӗнче: Сталин чӑн-чӑн ученӑй пулнӑ, тенӗ.

Вӑл вӗрентнӗ идея, тенӗ малалла профессор Бернал, этемлӗх ӗçлесе ырлӑх тума пултартӑр тесе мире сыхласа хӑвармалли идея, наукӑпа пӗлӳ халӑх тивлечӗ пултӑр тесе вӗрентекен идея...

Композитор доктор Алан Буш: Сталин идейисем тӗнчери мӗнпур çӗршывсенчи миллионшар çынсемшӗн вӑратакан вӑй пулса тӑрать, тенӗ. Совет Союзӗ Сталин ертсе пынипе тунӑ çитӗнӳсене миллионшар çынсем шанчӑклӑн хӳтӗлесе тӑраççӗ, вӑл çитӗнӳсем этемлӗхшӗн çухалмаççӗ. «Эпӗ ӗçлесе тӑракан музыка енӗпе илес пулсан,— тенӗ Буш,— эпӗ хама çак тӗлӗнмелле чаплӑ çынна тав тума тивӗçлӗ тесе шутлатӑп, вӑл ӗçсен тарӑн тупсӑмне пӗлме пултарнӑ, çакӑнпа пӗрлех вӑл хӑй уçнӑ открытисем çинчен ӑнланмалла чӗлхепе каласа пама пултарнӑ. Сталин чӗлхе вӗрентӗвӗ енӗпе каланисем музыка енӗпе те вырӑн тупӗç, вӗсем пире, музыкантсене, прогреспа телейшӗн лайӑхрах ӗçлеме пулӑшӗç. Эпир Сталинпа пӗр вӑхӑтра пурӑннӑшӑн телейлӗ».

Прогрессивлӑ писатель Джеймс Олбридж хӑй Совет Союзӗнче пулнӑ чухне Сталин юлташа курнипе телейлӗ пулни çинчен каласа панӑ. Сталин юлташ аслӑ гений тата Ленин ӗçне малалла туса пыракан пысӑк çын пулнине палӑртса, Олбридж çапла каланӑ: Совет халӑхӗпе пӗрле пӗтӗм прогрессивлӑ этемлӗх Сталин юлташа миршӗн, пӗтӗм тӗнчери ӗççыннисен телейӗшӗн паттӑррӑн кӗрешнӗ çын шутласа асӑнӗ.

Митингра çавӑн пекех актер Маулисон, профессор В. Г. Чайлд, поэт Юарт Мили тата ыттисем те тухса каланӑ.

Митинга хупнӑ чухне Притт: тӗнче— этемлӗхе çутта кӑларса прогресс патне илсе пырас ӗçре питӗ пысӑк ӗç тунӑ этеме çухатрӗ, тенӗ.

Митингра пулнисем нумай вӑхӑт хупшипе шӑп пулса Сталин юлташ ятне асӑннӑ.

# *Бразилири Коммунистсен партийӗн Нациллӗ комитечӗ чӗнсе калани*

МОНТЕВИДЕО, мартӑн 14-мӗшӗ. (ТАСС). «Импренса популар» хаçат Бразилири Коммунистсен партийӗн Нациллӗ Комитечӗ Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗ пирки Бразили рабочи класӗпе халӑхне чӗнсе каланине пичетлесе кӑларнӑ.

«Аслӑ Сталин вилнӗ,— тенӗ чӗнсе калaнинче.— Пӗтӗм тӗнчери эксплуатацилекен тата пусмӑр тӳсекен çынсен ырлӑхӗшӗн ялан тӑрӑшнӑ çыннӑн хӑватлӑ чӗри тапма чарӑнчӗ... Сталин мире хӳтӗлекен тата телейшӗн кӗрешекен аслӑ çын пулнӑ. Ку таранччен халӑх ӑна юратнӑ пек юратнӑ çын урӑх пулман. Пӗтӗм тӗнчери миллионшар ӗççыннисем вӑл мӗн калaнине итлесе тӑнӑ, унӑн вӗрентӗвӗ тӑрӑх ӗçлесе пынӑ. Унӑн ячӗ çӗнтерме шанӑç панӑ. Бразили халӑхӗ хӑйӗн чи лайӑх тусне çухатнӑ пирки чӗререн хурланать. Аслӑ Сталин вилнӗ пирки пирӗн тӑван çӗршыври мӗнпур ӗççыннисемпе тӳрӗ шухӑшлӑ çынсем пысӑк хурлӑх тӳссе ирттереççӗ».

Сталин ятне хисеплеме чӗнсе, мир, ирӗклӗх тата нациллӗ никама пӑхӑнманлӑх ялавне çӳле çӗклесе, вӑрçӑ чӗртекенсене хирӗç кӗрешӗве вӑйлатса, Бразилири Коммунистсен партийӗн Нациллӗ комитечӗ «тата тепӗр хут Совет Союзне чӗререн пӑхӑнса тӑма хатӗр пулни çинчен татӑклӑн пӗлтерет. Нациллӗ комитет тата тепӗр хут: пирӗн халӑх социализмӑн Тӑван çӗршывне хирӗç нихçан та вӑрçӑ вӑрçас çук тесе тупа тӑвать. Халӑхсем телейлӗ малашлӑхшӑн пыракан кӗрешӳре çӗнтерӳсӗсем пулӗç. Аслӑ Сталин ялавӗ Совет Союзӗнчи никам çӗнтерейми Коммунистсен партийӗпе унӑн Сталинла Центральнӑй Комитечӗ аллинче тӑрать».

# Пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ хӗрарӑмсен федерацийӗ пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсене чӗнсе калани

БЕРЛИН, мартӑн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ хӗрарӑмсен федерацийӗ пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсене чӗнсе калани кӑларнӑ. Унта çапла каланӑ:

«Сталин вилни çинчен калама та питӗ йывӑр.

Çӗршер миллион арçынсемпе хӗрарӑмсене этем чапӗ çинчен ӑнлантарса панӑ Сталин çынсен чӗринче ӗмӗр пурӑнать.

Çын чи паха капитал пулать тесе пӗлтерсе тата хӑйӗн правительстви ачасемшӗн тӑрӑшса ӗçлемелле туса, Сталин хӗрарӑмсен чӗрери ӗмӗтне пурнӑçа кӗртрӗ, мӗншӗн тесен ача амӑшӗшӗн хӑй пурнӑç паракан ачасенчен хакли урӑх нимӗн те çук.

Мирӗн аслӑ ӗçӗшӗн паттӑррӑн кӗрешнипе Сталин мӗнпур хӗрарӑмсемпе ача амӑшӗсем ӗмӗр тав туса мухтама тивӗçлӗ пулчӗç.

И. В. Сталин хӑйӗн пӗтӗм пурнӑçне панӑ ӗç вилӗмсӗр. Хӗрарӑмсемпе ача амӑшӗсен вӗçӗмсӗр пысӑк хурлӑхне палӑртса, Пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ хӗрарӑмсен федерацийӗ пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсене Совет Союзӗнчи — мирпе демократи тӗрекӗ пулса тӑракан çӗршыври хӗрарӑмсемпе туслӑ пулнине вӑйлатма, ирӗклӗхе, демократипе мире хӳтӗлес ӗçе хӑйсен мӗнпур вӑйӗсене парса кӗрешме чӗнет, çапла тунипе прогреспа наукӑна халӑхсене чечеклентерес ӗçе пӑхӑнтарса тӑракан мир туса хурассишӗн пӗтӗм халӑхсемпе кӗрешсе çӗнтерӳ тумалла пултӑр.

Пӗтӗм тӗнчери хӗрарӑмсен чӗринче Сталин ӗмӗр-ӗмӗр пурӑнӗ.

Сталин вилӗмсӗр!»

# Америка халӑхӗ И. В. Сталин вилнӗ пирки кулянать

НЬЮ-ЙОРК, мартӑн 13-мӗшӗ. (ТАСС). ССР Союзӗн ООН-ри представительстви ячӗпе Америка рабочийӗсенчен, служащийӗсенчен, студентсенчен, уйрӑм организацисемпе хаçатсенчен нумай çырусемпе телеграммӑсем килсе тӑраççӗ. Ӗççыннисем хӑйсен çырӑвӗсемпе телеграммисенче совет халӑхӗн тата пӗтӗм прогрессивлӑ этемлӗхӗн аслӑ çулпуçӗ Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗ пирки хӑйсем совет халӑхӗпе тата Совет правительствипе пӗрле чӗререн хурланни çинчен пӗлтереççӗ.

«Сталин юлташ—тӗнчери кашни рабочин чӑн-чӑн тусӗпе тӑванӗ вилнӗ пирки хамӑн хурлӑх мӗн пек пысӑк пулни çинчен каласа пама сӑмах та тупаймастӑп», — тесе çырать Нью-Йорк хулинчи Эманюэль Трухильо рабочи хӑйӗн телеграмминче.

Коннектикут штатӗнчен Элеонора Стивенсон тата Р. Эриксон янӑ çырура çапла каланӑ: «Сталин пӗтӗм этемлӗхӗн чӑн-чӑн тусӗ пулнӑ, вӑл Сирӗн аслӑ Ленин пекех, вилӗмсӗр. Эпир яланах çакна ӗненсе тӑратпӑр: ССР Союзӗпе США хушшинчи туслӑх пирӗн тӑван çӗршывӑн чи лайӑх интересӗсене тивӗçтерет...»

«Эпир çакна шанса тӑратпӑр,—тесе çырать хӑйӗн çырӑвӗнче «Нью Уорд Ревью» журнал редакторӗ Джессика Смит,—пысӑк çухату пирки мӗнпур американецсем хурланаççӗ, çак çухату пирки пулмалли пӗртен-пӗр ответ вӑл — мир ӗçне тата пирӗн çӗршывсем хушшинчи туслӑха тата ытларах çирӗплетни пулать».

★

## И. В. Сталинӑн гениллӗ произведенийӗ сарӑлни

ПАРИЖ, мартӑн 13-мӗшӗ. (ТАСС). Францири прогрессивлӑ общественность И. В. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ ӗçӗпе питӗ интересленет.

«Юманите» хаçат пӗлтернӗ тӑрӑх, кӑçалхи мартӑн 11-мӗшӗ тӗлне И. В. Сталин юлташӑн çак историллӗ произведенине 259.111 экземпляр сарнӑ.

## ПОЛЬШАПА РУМЫНИ ХУШШИНЧЕ ТУНӐ СУТУ-ИЛУ КИЛӖШӖВӖ

ВАРШАВА, мартӑн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Мартӑн 10-мӗшӗнче Варшавӑра Польшӑпа Румыни хушшинче 1953 çул валли суту-илӳпе тӳлевсем çинчен килӗшӳ тунӑ. Çак килӗшӳ икӗ çӗршыв хушшинчи товар çаврӑнӑшне чылай ӳстерме палӑртать.

Çӗнӗ килӗшӳ тӑрӑх Польша Румыние прокат, цинк, кокс, машинӑсемпе станоксем, хими продукчӗсем тата ытти таварсем тӑратать, Румыни хӑй енчен Польшӑна нефть продукчӗсем, ялхуçалӑх продукчӗсем, нефть оборудованийӗ, йывӑç материалсем тата ытти таварсем сутать.

# Корейӑри ӗçсем

## ХАЛӐХ ÇАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартӑн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх çарӗн Главнӑй командованийӗ паян çапла пӗлтернӗ: иртнӗ кун хушшинче Корея Халӑх çарӗпе Китай халӑх добровольцӗсен чаçӗсем пур фронтсенче те уйрӑм вырӑнсенче çапӑçусем ирттернӗ.

Тӑшман самолечӗсене хирӗç кӗрешекен салтаксем паян тӑшманӑн 2 самолетне персе ӳкернӗ.

# Китай Халӑх Республики çӗршыва индустриализацилес çул çинче

Чан Кай-ши вӑрӑ-хурахӗсене тата вӗсен Америкӑри империалистла хуçисене çӗмӗрсе тӑкса хӑваласа кӑларнӑ хыççӑн нумай миллионлӑ Китай халӑхӗ умне вӑраха ямасӑр татса памалли задача тухса тӑчӗ: ишӗлсе арканнӑ экономикӑна юсаса план тӑрӑх тумалли строительствӑна, çӗршыва индустриализацилеме кирлӗ условисем хатӗрлес ӗçе анлӑн сарса ямалла пулнӑ.

Совет Союзӗ тӑванла пулӑшнипе аслӑ Китай халӑхӗ çакӑ питех те пысӑк задачӑна, чӑннипе илсен, виçӗ çул хушшинчех пурнӑçа кӗртрӗ.

Гоминдановец ирсӗрӗсемпе вӗсен империалистла хуçисем ахаль те вӑйсӑр пулнӑ Китай промышленноçне (наци экономикинче вӑл 10 процента яхӑн кӑна йышӑннӑ) питӗ пысӑк сиен кӳрсе хӑварнӑ. Шахтӑсен, заводсемпе фабрикӑсен чылай пысӑк пайне пӗтӗмпех аркатса тӑкнӑ. Кӑмрӑк тата металлурги промышленноçӗсем уйрӑмах пысӑк йывӑрлӑхра пулнӑ. Çавӑн пекех транспортпа шыв хуçалӑхӗ те ишӗлчӗк айӗнче пулнӑ. Гоминдан вӑхӑтӗнче çӗршыв экономики колониллӗ йӗркере тӑнӑ, империалистла государствӑсем Китай экономикинчи пӗтӗм хаклӑ чӗртавара хӑйсен аллине илнӗ. Промышленноçри мӗнпур чи кирлӗ вырӑнсене ют çӗршыв капиталӗ тытса тӑнӑ, шахтӑсем 55 процент, пир-авӑр промышленноçӗ çурри тата металлурги пӗтӗмпе тенӗ пекех ун аллинче пулнӑ.

Америка империализмӗн гоминданри тарçисене тата вӗсен хуçисене хӑваласа кӑларнӑ хыççӑн çӗршыв экономикине юсама йывӑр пулнӑ, мӗншӗн тесен Китайра техника тӗлӗшӗнчен кая юлнӑ предприятисем кӑна пулнӑ.

Коммунистсен партийӗ тата правительство чӗнӗвӗ çине ответлесе, Китай рабочи класӗ материальнӑй пурлӑхсене перекетлессишӗн, продукци туса кӑларассине ӳстерессишӗн тата унӑн хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн паттӑрла кӗрешӳ пуçарса янӑ. Çавсем пурте наци экономикине юсаса çитерме государствӑна чылай ресурссем памалла пулнӑ ӗнтӗ. Хресченсен хастарлӑхне те çав тӗллеве пурнӑçламах пӑхӑнтарнӑ. Помещиксенчен туртса илнӗ çӗре хӑйсене панӑ хыççӑн, хресченсем тырпул тухӑçлӑхне, акакан çӗр лаптӑкне, уйрӑммӑн илсен, техникӑллӑ паха культурӑсем акакан лаптӑка ӳстерес тӗлӗшпе тӗлӗнмелле пысӑк хастарлӑх кӑтартнӑ.

Ирӗке тухнӑ халӑхӑн халиччен Китай историйӗнче пулман ӗçри хастарлӑхӗ, халӑх тӑван çӗршыва, коммунистсен партине, Мао Цзэ-дуна юратни, çавӑн пекех тата совет халӑхӗ тӑванла пулӑшни промышленность продукцийӗн калӑпӑшне виçӗ çул хушшинче икӗ хут ытла ӳстерме май панӑ. Тӗп отраслӗсем тӑрӑх производство шайӗ, вӑрçӑ умӗнхи чи çӳлӗ шайпа танлаштарсан, чылай иртсе кайнӑ. Юсаса çитернӗ предприятисемпе пӗрлех çӗнӗрен вуншар тата çӗршер заводсемпе фабрикӑсем туса лартнӑ.

Промышленность структурине çӗнӗлле йӗркеленӗ. Йывӑр индустрие вӑйлатасси çине уйрӑмах тимлӗн пӑхаççӗ. Вӑл çӑмӑл промышленноçран чылай хӑвӑртрах аталанса пырать. Ӗлӗк йывӑр промышленность продукцийӗн калӑпӑшӗ пӗтӗм промышленность продукцийӗнче 32,5 процент йышӑнса тӑнӑ пулсан, халӗ вӑл 44 процента çити ӳснӗ. Производство хатӗрӗсем тӑвакан производствӑна тӗп вырӑна хураççӗ. Машина оборудованийӗ туса кӑларасси çичӗ-сакӑр хут ӳснӗ. Китайри заводсем халӗ ӗнтӗ сӑрт-ту оборудованийӗ, токарнӑй, шӑтаракан, фрезернӑй, савалакан станоксем, хӑватлӑ генераторсем, ялхуçалӑх машинисем, арлакан тата пир-авӑр тӗртекен станоксем, электромоторсем тата ытти нумай машинӑсем туса кӑлараççӗ. Ӗлӗк вӗсене ют çӗршывсенчен кӳрсе килнӗ. Халӗ машиностроени Çурçӗр-Хӗвелтухӑçра кӑна мар, Китайӑн çурçӗр-хӗвеланӑç тата кӑнтӑр-хӗвеланӑç пайӗсенче те аталанать.

Çав çитӗнӳсене металлургипе кӑмрӑк промышленноçне юсаса çитернипе тума пултарнӑ. Чугун тата хурçӑ шӑратса кӑларасси кӗске вӑхӑтрах 8—9 хут ӳснӗ.

Хальхи вӑхӑтра металлурги завочӗсене çӗнӗрен майлаштарса аслӑлатаççӗ. Çӗршыври питӗ те пысӑк Аньшань комбинатӗнче капитальнӑй хӑватлӑ строительство пуçланса кайнӑ. Ку комбинатра 40 пин рабочи ытла ӗçлет. Синьцзяньре çӗнӗ металлурги завочӗ ӗçе кӗнӗ. Совет Союзӗнчи хурçӑ шӑратакансен малта пыракансен опытне вӗренсе, Беньсих, Фушунь, Шицзиншань, Шанхай, Тяньцзинь, Таншань металлургӗсем кивӗ нормӑсене пӑрахăçа кӑлараççӗ, домна кӑмакисемпе лайӑхрах усӑ кураççӗ, хӑвӑрт меслетпе шӑратас ӗçе пурнӑçа кӗртсе пыраççӗ. Домна кӑмакисен производство хӑвачӗпе усӑ курас коэфициент Совет Союзӗнче тунӑ çитӗнӳ шайне çывхарса пырать.

Шахтерсем пысӑк çитӗнӳ тунӑ. Ирӗке тухнӑ малтанхи çулпа танлаштарсан, халӗ вӗсем икӗ хут ытларах кӑмрӑк кӑлараççӗ, Датун, Фушунь, Хуайнань, Чэнцзы, Писян районӗсенчи, çавӑн пекех ытти районсенчи горняксем çӗр кӑмрӑк промышленноçне пӗтӗмӗшпех юсаса çитерсе малалла аталантарассишӗн кӗрешеççӗ. Компарти тата халӑх правительстви кӑмрӑк кӑларас ӗçе механизацилесси çине тимлӗн пӑхаççӗ. Отбойнӑй мӑлатуксемпе, компрессорсемпе, врубовӑй машинӑсемпе, транспортерсемпе, кӑмрӑк тиемелли хатӗрсемпе тата электропоездсемпе ытларах та ытларах усӑ кураççӗ. Нумай пулмасть Датунри шахтерсем Совет Союзӗнчен ярса панӑ çӗр кӑмрӑк кӑларакан комбайнсем илнӗ. Халӗ ӗнтӗ çӗр кӑмрӑк касса хатӗрлессине çӗршывра 70 процент, ӑна турттарса кӑларассине 40 процент механизациленӗ.

Нефть промышленноçӗ пысӑк хӑвӑртлӑхсемпе аталанать. Ку ӗçре Совет Союзӗпе Китай хушшинче пӗрле тунӑ общество паллӑ вырӑн йышӑнса тӑрать. Нефть кӑларасси тата бензин туса хатӗрлесси темиçе хут ӳснӗ, вӑрçӑ умӗнхи шайран нумай иртсе кайнӑ. Промышленноçӑн çак отраслӗнчи ӗçсен хӑвӑртлӑхне çакӑн пек тӗслӗхсем лайӑх кӑтартса параççӗ: скважинӑсем шӑтаракан машинӑсен шучӗ пилӗк хут, скважинӑсен шучӗ вара унтан та ытларах ӳснӗ. Нефть тасатакан заводсем, синтетически горючи тӑвакан завод туса лартнӑ. Кӑçал нефтяниксем иртнӗ çулхинчен нумай ытларах продукци параççӗ. Çавна пула халӑх хуçалӑхӗн шӗвек топливо тӗлӗшӗнчи нушисене пӗтӗмӗшпех тивӗçтерме май килет, çапла вара урӑх çӗршывсенчен нефть кӳрсе килме те пӑрахаççӗ.

Тимӗр-тӑмӑр тӑпри кӑларса хатӗрлекен сӑрт-ту промышленноçӗ те питӗ пысӑк хӑвӑртлӑхсемпе аталанса пырать. Рудниксене юсас, вӗсене малалла пысӑклатса пырас тата тимӗр-тӑмӑр шӑратакан заводсене аслӑлатас тӗлӗшпе виçӗ çул хушшинче пысӑк ӗçсем туса ирттернӗ. Кӑнтӑр тата хӗвеланӑç провинцийӗсен сӑрт-ту промышленность предприятийӗсенчи рабочисем ӗç тухӑçлӑхне, туса кӑларакан продукци калӑпӑшне уйӑхран уйӑха ӳстерсе пыраççӗ. Сӑмахран, кӑнтӑр-хӗвеланӑç районӗнчи рабочисем, 1949 çулхипе танлаштарсан, халӗ виçӗ хут ытларах тӑхлан парса тӑраççӗ.

Коммунистсен партийӗ тата правительство тӗслӗ металсем кӑлармалли çӗнӗ вырӑнсем шыраса тупас ӗçе пысӑка хураççӗ, ку тӗлӗшпе укçа-тенкӗ чылай уйӑрса параççӗ. Çак ӗçре тӗслӗ металсене шыраса тупас тата вӗсене кӑларас тӗлӗшпе Совет Союзӗпе Китай хушшинче пӗрле тунӑ общество пысӑк пулӑшу парать. Вӑл обществӑна 1950 çулхи мартӑн 27-мӗшӗнчи килӗшӳ тӑрӑх туса хунӑ.

Энергетика никӗсне юсаса çитернӗ. Электроэнерги туса хатӗрлесси виçӗ çул хушшинче пӗрре çурӑ хут ытла ӳснӗ, вӑрçӑ умӗнхи çулсенчи показательсенчен чылай иртсе кайнӑ. Теплоэлектроцентральсемпе гидростанцисем сахал мар тунӑ, вӗсене техникӑн хальхи çитӗнӗвӗсене шута илсе лартнӑ.

Индустри аталанса пынӑ вӑхӑтрах, чугун çулсемпе шоссе çулӗсем тӑвасси анлӑн пулса пырать. 14.000 километр ытла чугун çул юсаса пӗтернӗ, кунсӑр пуçне çӗнӗ чугун çулсем—Чэнду—Чунцин тата Тяньшуй—Ланьчжоу çулӗсене туса пӗтерсе ӗçе кӗртнӗ, вӗсен тӑршшӗ 1.200 километр шутланать. Тяньшуй—Ланьчжоу çулне тума çӑмӑл пулман, мӗншӗн тесен лини иртекен вырӑн килӗшӳллех мар. Апла пулин те ӑна срокра кӑтартса панинчен 8 уйӑх маларах хывса пӗтернӗ.

Çӑмӑл тата апат-çимӗç промышленноçне аталанма лайӑх майсем туса хунӑ. Çакӑ вӑл акӑ мӗнрен килнӗ: çӗр реформине пула ялхуçалӑхне хӑвӑрт юсаса çитернӗ, техникӑллӑ культурӑсем, чи малтан, халиччен ют çӗршывсенчен кӳрсе тӑнӑ çӗр мамӑкӗ туса илесси чылай ӳснӗ. Çӗр мамӑкӗнчен пир-авӑр туса кӑларасси виçӗ çулта икӗ хут ытла ӳснӗ, вӑрçӑ умӗнхи чи пысӑк шайран 65 процент иртсе кайнӑ. Китай халӗ ӗнтӗ урӑх çӗршывсене тӗштырӑ, соя тата ытти ялхуçалӑх продукчӗсем те сутать.

Промышленность ӳсни рабочи класс хисеп енчен нумайланассине пӗлтернӗ, çавна май вуншар тата çӗршер пин çӗнӗ рабочисемпе специалистсем хатӗрлеме тивнӗ. Рабочисемпе служащисен шучӗ Çурçӗр-Хӗвелтухӑçӗнче кӑна 1,5 миллион çын таран ӳснӗ. Çак районти предприятисене тата çӗнӗ стройкӑсене кӑçал кӑна аслӑ шкулсенчен вӗренсе тухнӑ 7.000 специалист ытла панӑ. Шанхайра—çӗршывӑн индустриллӗ чи пысӑк центрӗнче — рабочисемпе служащисен шучӗ 200.000 çынна çити нумайланнӑ. Техника енӗпе вӗрентсе хатӗрленӗ кадрсем нефть промышленноçӗнче халӗ тӑватӑ хут ытларах.

Коммунистсен партийӗпе халӑх правительстви техника, политехника вӗренӗвне тата пӗтӗмӗшле вӗренӗве анлӑн организациленӗ, халӗ çӗршер пин рабочи вӗренет. Нумай пулмасть аслӑ шкулсен министерствине туса хунӑ, ун умне халӑх хуçалӑхӗн нушисене квалификациллӗ кадрсемпе тивӗçтерме аслӑ шкулсен шутне ӳстерсе пырас задача лартнӑ. 5—6 çул хушшинче çур миллиона яхӑн специалист вӗрентсе кӑлараççӗ.

Çӗршыва индустриализацилеме куçас задачӑна татса парас ӗçре шахтӑсенче, рудниксенче, заводсенче, фабрикӑсенче тата транспортра сарӑлса кайнӑ патриотла ӑмӑрту тӗп вырӑн йышӑнса тӑрать. Продукци туса кӑларассине ӳстерессишӗн, чӗртаварпа материалсене перекетлессишӗн, планран ирттерсе накоплени тӑвассишӗн пур çӗрте те анлӑ юхӑм сарӑлса пырать. Çурçӗр-Хӗвелтухӑçри государство предприятийӗсен рабочийӗсем производство планӗсене ирттерсе тултарнипе тата перекетлӗх режимне çирӗп пӑхӑнса ӗçленипе 1951 çулта кӑна планран ытлашши накоплени нумай тунӑ. Çав накоплени 10 пысӑк завод лартма е 7.700 километр тӑршшӗ чугун çул тума çитет.

Ӗç тухӑçлӑхне ӳстерессишӗн, материалсене перекетлессишӗн, продукци пахалӑхне лайӑхлатассишӗн тата унӑн хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн пыракан кӗрешӳре Китай Халӑх Республикинчи ӗççыннисем совет новаторӗсен малта пыракан опычӗпе анлӑн усӑ кураççӗ.

Çавсем пурте Китай рабочийӗсене кая юлнӑ аграрлӑ çӗршывран Китая малта тӑракан индустриллӗ держава туса хурас çулпа халиччен курман хӑвӑртлӑхсемпе малалла кайса пыма май параççӗ.

Китай 1953 çулта экономика строительствине планлӑ йӗркепе анлӑн туса пыма тытӑннӑ. Вӑл пӗррмӗш пилӗк çуллӑх плана пурнӑçа кӗртме пуçланӑ. Государство администраци совечӗн премьерӗ Чжоу Энь-лай Пӗтӗм Китайӑн политикӑллӑ халӑх консультаци совечӗн нумай пулмасть пулса иртнӗ тӑваттӑмӗш сессийӗнче тунӑ докладра, пӗррмӗш пилӗкçуллӑхӑн пӗррмӗш çулӗн малтанлӑха туса хатӗрленӗ планӗ çинчен каласа, çакна палӑртнӑ: промышленноçӑн тата ялхуçалӑхӗн чи кирлӗ продукцийӗсене туса кӑларасси, 1952 çулхипе танлаштарсан, çакӑн чухлӗ шая çитет: чугун—114 процент, хурçӑ—123 процент, нефть—142 процент, пӑхӑр—139 процент, электроэнерги—127 процент, тӑхлан (свинец)—149 процент, цинк—154 процент, станоксем—134 процент, каустически сода—131 процент, цемент—117 процент, вӑрман материалӗсем—138 процент, çӗр мамӑк пир-авӑрӗ—116 процент, хут—106 процент, сахӑр—123 процент, тӗштырӑ—109 процент, хлопок-сырец—116 процент, чей—116 процент.

— Çак цифрӑсем,— тенӗ Чжоу Энь-лай,— çакна кӑтартса параççӗ: пирӗн нацин планлӑ строительстви малтан пуçласах питӗ анлӑ пулса пырать, пирӗн умра тӑракан задачӑсем питӗ пысӑк та мухтавлӑ. Анчах та вӗсене пурнӑçласси, тесе палӑртать Чжоу Энь-лай, нумай йывӑрлӑхсемпе çыхӑннӑ. Çавӑнпа та çак çулхи чи кирлӗ те тӗп задача вӑл рабочи класӑн тата çӗршыври ытти мӗнпур халӑхӑн вӑйӗсене йывӑрлӑхсене çӗнтерме, 1953 çулхи плана тултарма тата ирттерсе тултарма мобилизацилесси пулать.

Халӗ, Китай халӑхӗ строительствӑна план тӑрӑх хӑватлӑн туса пыма тытӑннӑ хыççӑн, Китайри Коммунистсен партийӗ, Китай халӑхӗн çулпуçӗ Мао Цзэ-дун совет опычӗпе усӑ курасси питӗ те пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнине уйрӑммӑн палӑртаççӗ... «эпир,— тесе кӑтартса парать Мао Цзэ-дун,— Совет Союзӗнчен вӗренес ӗçе нацин пӗтӗмӗшле шайӗ таран çитерме тивӗç».

И. РОМАНОВСКИЙ.

# Бонн министрӗ Германири компартие чарса лартасшӑн

БЕРЛИН, мартӑн 12-мӗшӗ. (ТАСС). АДН агентстви Бонран çапла пӗлтерет: Бонри шалти ӗçсен министрӗ Лер, журналистсем панӑ ыйтусем çине ответлесе, ӗнер çапла каланӑ: «Ӗçсем кирек мӗнле килсе тухсан та эпӗ Германири компартие хӑвӑртрах чарса лартассишӗн тӑратӑп».

Çав вӑхӑтрах Лер тата çапла хушса каланӑ: Германири компартие чарса лартасси çинчен панӑ сӗнӗве Карлсруэри конституци судӗнче июнӗн 8-мӗшӗнче, «бундестаг суйлавӗ умӗн» пӑхса тухма палӑртнӑ пулсан та, Германири компартие чарса лартнипе çак партие бундестаг суйлавне хутшӑнма чарас тӗлӗшпе ӗçсем тума кая юлман-ха.

# Хӗвеланӑç Германири Германипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществин конференцийӗнче

БЕРЛИН, мартӑн 12-мӗшӗ. (ТАСС). АДН агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, çак кунсенче Хӗвеланӑç Германири Германипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществин конференцийӗ пулса иртнӗ. Конференци Дюссельдорфра пулнӑ. Вӑл: «Сталин миршӗн тата халӑхсем хушшинчи туслӑхшӑн кӗрешекен миллионшар çынсен чӗринче пурӑнать» лозунгпа иртнӗ.

Конференци И. В. Сталин вилнӗ пирки килсе тухнӑ хурлӑхлӑ траурпа иртнӗ. Конференцире рабочи класс, интеллигенци, хӗрарӑмсен тата çамрӑксен представителӗсем, общество президиумӗн членӗсем Германи пӗрлӗхне туса хурассишӗн, мирлӗ договор тӑвассишӗн, Бонра тата Парижра алӑ пуснӑ çар договорӗсене хирӗç кӗрешессине вӑйлатма йышӑннӑ.

Конференци ӗçе тытӑнас умӗн делегатсем нимӗç халӑхӗн чи лайӑх тусне Иосиф Виссарионович Сталина асӑнса хисеп тунӑ. Вӗсем чаплӑн çапла пӗлтернӗ: «Пирӗн пурнӑç миршӗн кӗрешес ӗçе пӑхӑнса тӑрать. Эпир хамӑрӑн наци никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн, Германипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑхшӑн кӗрешетпӗр».

Бонра тата Парижра алӑ пуснӑ çар договорӗсене бундестагра виççӗмӗш хут сӳтсе явма хатӗрленнӗ май, конференци делегачӗсем çак çар договорӗсене ратификацилеме парас мар тесе Хӗвеланӑç Германи халӑхне халех кирлӗ пек ӗçсем туса ирттерме чӗннӗ.

# Карл Маркса асӑнса

Республикӑри ӗççыннисем научнӑй коммунизмӑн никӗсне хывнӑ аслӑ çын, пӗтӗм тӗнчери пролетариатӑн учителӗпе çулпуçӗ Карл Маркс вилнӗренпе 70 çул тултарнине паллӑ тӑваççӗ.

Çак кунсенче чылай культурӑпа çутӗç учрежденийӗсенче К. Маркс çинчен çырнӑ кӗнекесен тата унӑн произведенийӗсен выставкисене тунӑ. К. Маркспа Ф. Энгельс хушшинчи çирӗп туслӑха, вӗсен вилӗмсӗр ӗçӗсене кӑтартакан паха витринӑсем тунӑ.

КПСС Шупашкар хула комитечӗн библиотеки хулари агитаторсем валли «К. Маркс вилнӗренпе 70 çул тултарчӗ» тема тӑрӑх инструктивлӑ доклад ирттерчӗ.

Педагогика институтӗнче мартӑн 14-мӗшӗнче Карл Маркс пурнӑçӗпе ӗçӗсем çинчен икӗ доклад пулчӗ.

Хулари предприятисемпе учрежденисенче агитаторсем К. Маркс пурнӑçӗпе ӗçӗсем тата Маркспа Энгельс хушшинчи çирӗп туслӑх çинчен калаçусем ирттереççӗ.

# Октябрьски районӗнче

ОКТЯБРЬСКИ. Районти шкулсенче вӗренекенсен хисепӗ çултан-çул ӳссе пырать. Халӗ района 22 пуçламӑш шкул, çичӗ çул вӗренмелли шкулсем 12 тата икӗ вӑтам шкул ӗçлет. Вӗсенче 5.004 çамрӑк вӗренет. Пӗр Октябрьскинчи вӑтам шкулта кӑна 699 ача вӗренет.

Районти шкулсенче 319 учитель ӗçлет, вӗсенчен çурри ытла хӗрарӑмсем. Хӗрарӑмсем районти тӗрлӗ учрежденисенче те йышлӑн ӗçлеççӗ. Акӑ, М. Иванова юлташ КПСС райкомӗн секретарӗ, З. Анисимова ВЛКСМ райкомӗн иккӗмӗш секретарӗ, А. Иванова юлташ Энтри-Пасарӗнчи çичӗ çул вӗренмелли шкул директорӗ тата ытти те.

Районта халӑх сывлӑхне сыхлас ӗç те çулсеренех лайӑхланса пырать. Халӗ кунта больницӑсӑр пуçне пӗр врачебнӑй пункт, фельдшер тата акушер пункчӗсем 22 ӗçлеççӗ. Районти больницӑра рентген кабинечӗ пур. Чирлӗ çынсем выртмалли койкӑсен шутне ӳстернӗ.

Сывлӑх учрежденийӗсенче 13 врач, фельдшерсемпе аккушеркӑсем 20 ытла ӗçлеççӗ. Иртнӗ çул халӑх сывлӑхне сыхлас ӗç валли район бюджетӗнчен 1.190.000 тенкӗ укçа расходланӑ.

Колхозлӑ ялсенче колхозниксен культури те хӑвӑрт ӳссе пырать. Районта 11 вулав çурчӗ, ялти клубсем 13, ялти библиотекӑсем 7 уçнӑ. Иртнӗ çул кӑна «Аниш» тата «Культура» колхозсенче çӗнӗ библиотекӑсем ӗçлеме пуçларӗç. Кӑçал тата 3 библиотека уçма палӑртнӑ.

Халӗ 12 ялта Ильич лампочкисем çутатаççӗ. Тӑватӑ гидроэлектростанци, пӑспа ӗçлекен электростанци пур. Чылай колхозниксен килӗсене радио кӗртнӗ. Районти ӗççыннисем темиçе пиншер экземпляр хаçат-журналсем илсе тӑраççӗ.

В. ТРОФИМОВ.

# *Колхоз председателӗсен семинарӗ*

ХӖРЛӖ ЧУТАЙ. КПСС райкомӗ колхоз председателӗсен семинарне ирттерчӗ. Семинарта ялхуçалӑхне 1953 çулта аталантармалли план тата çуракине хатӗрленес ӗç, обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каçарас ӗç, отчетлӑ тата отчетпа суйлав пухӑвӗсен итогӗсем çинчен ӗççыннин депутачӗсен район Совет исполкомӗн председателӗ И. Осипов, ялхуçалӑх пайӗн зоотехникӗ Я. Антипов, КПСС райкомӗн секретарӗ А. Филиппов юлташсем докладсем турӗç.

Юлашкинчен колхоз председателӗсем И. В. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ гениллӗ произведенийӗ çинчен КПСС обкомӗн лекторӗ А. Никитин юлташ вуланӑ лекцие итлерӗç.

В. ЧОБАЙКИН.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.





РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑç пайӗ—3-99, ялхуçалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, çырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01036 Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.